ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Май 27 юнкун № 102 (9011)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Строительсен чи пысăк та чыслă тивĕçĕ

Капитальнăй строительство Коммунистсен партийĕ лартакан хуçалăхлă задачăсене татса памалли тĕп май пулнă, халĕ те çапла пулать. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра, тăваттăмĕш пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, строительство ĕçне 90 процента яхăн ÿстерме, строительство индустрине малалла аталантарма палăртрĕ. Пирĕн çĕршывра çĕнĕ предприятисем, çуртсем тăвас ĕç историре халиччен пулман хăвăртлăхсемпе аталанса пыни, халăх хуçалăхне укçа-тенкĕ хывасси пĕрмаях ÿсни хуçалăхăн социализмла системи капитализмла системăран малта тăнине уççăн кăтартса парать.

Строительсем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, хамăр çĕршывра коммунизм обществи хăвăртрах туса çитерессишĕн, Совет государствин вăй-хăватне тĕреклетессишĕн хăйсен вăйĕсене шеллемесĕр кĕрешеççĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра республикăра çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем шкулсемпе больницăсем, пурăнмалли çуртсем чылай лартма, халĕ ĕçлекен предприятисене пысăклатса çĕнетме палăртнă. Çак программăна пурнăçлама государство республикăна укçа-тенкĕ, оборудовани, материалсем нумай уйăрса парать. Стройкăсем хăватлă техникăпа хĕçпăшалланнă. Кашни стройкăрах тенĕ пек экскаваторсем, скреперсем, крансем, автомашинăсем тата ытти механизмсем пур. Пуçаруллă, ĕçе лайăх пĕлекен кадрсем ÿсее çитĕнчĕç. Стахановец-строительсене Косарев, Смирнов, Андрюшин, Дружинин, Суслин, Козлов юлташсене тата ыттисене те республикăри ĕçсыннисем лайăх пĕлеççĕ. Вĕсем ĕç тухăçлăхне ÿстермелли, материалсем перекетлемелли, ĕç пахалăхне лайăхлатмалли çĕнĕрен те çĕнĕ мелсем тупаççĕ, хăйсен опычĕпе çамрăксене паллаштараççĕ.

Строительство организацийĕсем çав паха майсемпе кирлĕ пек усă кураймаççĕха. Вĕсем çителĕксĕр ĕçленине пула пĕлтĕр республикăра государство уйăрса панă вуншар миллион тенкĕ укçапа усă курман. Кăçалхи тăватă уйăхри плана нумай организацисем тултарманни, çĕнĕ çуртсене, предприятисене вăхăтра туса пĕтерменни строительство ĕçĕсем çав-çавах юлса пынине кăтартаççĕ.

Стройкăсем юлса пыни ĕçе япăх йĕркеленинчен, механизмсемпе туллин усă курманнинчен, малта пыракансен опычĕпе меслетне анлăн сарма тăрăшманнинчен килет. Хаçатăн паянхи номерĕнче «Чăвашстрой» трестĕнче социализмла ăмăртăва начар йĕркелени çинчен калакан материал пичетленет. Çавăн евĕрлĕ тĕслĕхсене чылай çĕрте курма пулать-ха.

Çул-йĕр министерствин Канашри строительствăпа монтаж кантурĕн пĕлтĕр 3 пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çурт, çĕнĕ шкул, вокзал тумалла пулнă. Анчах вĕсене пĕрне те вăхăтра туса пĕтермен. Вăл кăçал та çителĕксĕр ĕçлет. Кантур начальникĕ Голованов юлташ участоксене график çирĕплетсе памасть, йывăр ĕçе механизацилеме тăрăшмасть. Материалсем вăхăтра кÿрсе килменнине тата мастерсемпе прорабсем тивĕçлĕ ответлăх туйманнине пула чылай рабочисем час-часах ĕçсĕр тăраççĕ.

Канашри çу заводне, Шупашкарти холодильника туса пĕтерсе ĕçе ямалли темиçе срок та иртнĕ. Апла пулин те, «Росмаслостройăн» строительствăпа монтаж управленийĕ (начальникĕ Линев юлташ) çак предприятисене туса пĕтерме татăклă мерăсем йышăнмасть.

Уйрăмах республикăри чи пысăк строительство организацийĕ—«Легпромстройăн» 11-мĕш тресчĕ юлса пынине палăртас пулать. 1952 çулта трест пĕр çурта, пĕр цеха та вăхăтра туса пĕтермен. Ун ĕçĕнче кăçал та улшăнусем çукпа пĕрех. Тăватă уйăх хушшинче вăл Тăван çĕршыв умĕнче виçĕ миллион тенкĕлĕх ытла парăма кĕнĕ. Хĕллехи вăхăтра, чăн та, хăйне евĕрлĕ йывăрлăхсем пулаççĕ. Трест ĕçĕнчи хăшпĕр çитменлĕхсем çав йывăрлăхсенчен килме пултарнă. Халĕ çĕр чавса купалама, кирпĕч, бетон хывма тата ытти ĕçсене тума çсинталăк лайăх, материалсем; ĕç вăйĕ çителĕклĕ. Апла пулин те, трест ку уйăхри 20 кунхи задание 64 процент çеç пурнăçланă.

Çак çулăн пуçламăшĕнче трест коллективĕ çулталăкри плана срокчен тултарма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме, материалсем перекетлеме пулса социализмла обязательство йышăнчĕ. Çакă вăл коллектив государство планĕсене чыслăн тултарса пыма хатĕррине пĕлтерет. Трест руководителĕсем, постройком тата партбюро панă сăмаха пурнăçлама коллектива мобилизациленĕ, кашни рабочи валли тухăçлăн ĕçлеме паха майсем туса паман. Çĕршер рабочи ĕç нормине уйăхран уйăха тултарса пымасть. План тăрăх кашни рабочин куллен вăтам шутпа 100 тенкĕлĕх ĕç тумалла пулсан, чăннипе 60—70 тенкĕлĕх çеç тăваççĕ. Штукатурка тумалли, çĕр чавмалли машинăсем час-часах ахаль тăраççĕ.

Тĕрлĕ канашлусемпе пухусенче трест управляющийĕ Каплин юлташ пĕрмаях ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме, çуртсемпе цехсене вăхăтра туса çитерсе ĕçе яма сăмах парать. Анчах вăл хăйĕн сăмахĕсене пурнăçлама, ĕçе тĕрĕс йĕркелеме кирлĕ пек тăрăшмасть. Пир тĕртекен фабрикăна, тĕрлĕ мастерскойсемпе цехсене, пурăнмалли çуртсене правительство кăтартса панă срокра туса пĕтересси—трест коллективĕн чыслă та пысăк тивĕçĕ.

Строительство ĕçĕсем юлса пыни тивĕçлĕ министерствăсемпе ведомствăсем, Советсен вырăнти органĕсем тата КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсем строительство организацийĕсен ĕçĕпе сахал интересленнинчен, вĕсен руководителĕсене рабочисем хушшинче социализмла ăмăртăва анлăн сарма, çитменлĕхсемпе йывăрлăхсене çийĕнчех пĕтерсе пыма пулăшманнинчен те сахал мар килет. Пирĕн строительство ĕçне тума мĕн кирли пурте çителĕклĕ. Партипе совет общественноçне кирлĕ пек мобилизацилемен пирки çеç эпир государство пулăшăвĕпе пĕтĕмпех усă кураймастпăр.

Государство планĕ вăл—закон, тесе вĕрентет пире парти. Кашни предприятин стройкăн хăйне панă государство планĕсене тултармалла. Строительсем партипе правительствăн ответлă заданийĕсене пурнăçлаççĕ. Предприятисене, шкулсемпе больницăсене, пурăнмалли çуртсене вăхăтра туса ĕçе яни пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарма, Тăван çĕршыв хăватне вăйлатма, ĕçсыннисен пурнăçпа йăла тата культура условийĕсене лайăхлатма пулăшать. Çавăн çинчен агитаторсемпе пропагандистсем, докладчиксем рабочисене куллен, тĕплĕн ăнлантарса пама тивĕçлĕ.

Стройкăсенче индустрилле меслетсене ĕçе анлăн кĕртсе пымалла, детальсене, конструкцисене, бетона хушма предприятисенче ытларах хатĕрлемелле, йывăр ĕçсене механизацилемелле. Пур ĕçе те кадрсем татса параççĕ. Çĕнĕ строительсем вĕрентсе хатĕрлес, кадрсен ăсталăхне ÿстерес ĕçĕн халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ уйрăмах пысăк. Кашни рабочи техникăна лайăх пĕлтĕр, малта пыракансен опычĕпе тата меслечĕпе тăтăшах паллаштăр.

Стройкăсенчи парторганизацисен партилле-политикăлла тата партилле-организацилле ĕçе вăйлатмалла, коммунистсен производствăри рольне ÿстерсе пымалла, самокритикăпа аялтан килекен критикăна анлăн сармалла. Коммунистсен партийĕн Уставĕ панă правăпа усă курса, стройкăсенчи парторганизацисен администрацийĕн ĕçне тĕплĕнрех тĕрĕслесе тăмалла, хуçасăрлăха, çуртсене япăх тунине, материалсене тирпейсĕр расходланине хирĕç тимлĕн кĕрешмелле. Çавăнпа пĕрлех парторганизацисен рабочисен кулленхи ыйтăвĕсене лайăх тивĕçтерес, культурăллă-массăлла ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе те хăйсен ответлăхне хăпартмалла.

Çĕршывра 1953 çулхи плана срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн социализмла ăмăрту сарăлса пырать. Çак ăмăртăва хутшăнса, строительсем çĕнĕ çитĕнÿсем тăвĕç, Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн тата тухăçлăрах ĕçлĕç.

# Республика уй-хирĕсенче

## Çуртри акса пĕтернĕ районсем

ПЕРВОМАЙСКИ, майăн 24-мĕшĕ. (Телеграфпа). Районти колхозсем тĕштырăсемпе пăрçа йышши культурăсем, нумай çул ÿсекен курăксем, тымарçимĕçсем тата силос культурисем акмалли государство планне майăн 23-мĕшĕ тĕлне тултарчĕç. Тулă акмалли плана 110 процент, пăрçа йышши культурăсем акмалли плана 101 процент, нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана 103 процент тултарнă. Колхозсем çĕрулми лартмалли, техникăлла культурăсем акмалли плана та çак кунсенчех тултараççĕ.

* * *

ИШЛЕЙ, майăн 23-мĕшĕ. (Телеграфпа). Районти колхозсем тĕштырăсемпе пăрçа йышши культурăсем, нумай çул тата пĕр çул ÿсекен курăксем, силос культурисем акмалли государство планне майăн 19-мĕшĕнче, тымарçимĕçсем акмалли плана майăн 22-мĕшĕнче тултарчĕç. Тулă акмалли плана 108 процент тултарнă. Колхозсем çĕрулми лартаççĕ. МТС-ăн машина-трактор паркне ирхи çĕртме сухи тума куçарнă.

* * *

КУСЛАВККА, майăн 24-мĕшĕ. (Телеграфпа). Районти колхозсем тĕштырăсемпе пăрçа йышши культурăсем, нумай çул ÿсекен курăксем тата силос культурисем акмалли государство планне майăн 23-мĕшĕ тĕлне тултарчĕç. Тулă акмалли плана 109,6 процент, пăрçа йышши культурăсем акмалли плана 100 процент, нумай çул ÿсекен курăксем акмалли плана 110,7 процент, силос культурисем акмалли плана 100 процент тултарнă. Колхозсем çĕрулми лартаççĕ. МТС-ăн машина-трактор паркне ирхи çĕртме тума куçарнă.

## Тăваткал кĕтеслĕ меслетпе

ВĂРНАР. 1952 çулта Маленков ячĕпе тăракан тата «Память Ленина» колхозсем çĕрулмине пуçласа тăваткал кĕтеслĕ меслетпе лартрĕç. Çак çĕнĕ меслетпе иртнĕ çулта 16-шар гектар çĕрулми лартса, кашни гектартан 384-шар центнер кăларса пухрĕç. Çак колхозсемех 64 гектар çине çĕрулмине халичченхи йĕркепе лартса кашни гектартан 168-шар центнер кăна кăларса илнĕ.

Кăçал районти Молотов ячĕпе, Жданов ячĕпе, Хрущев ячĕпе тата Ленин ячĕпе тăракан колхозсенче çĕрулмине МТС машинисемпе тăваткал кĕтеслĕ меслетпе лартаççĕ.

Н. МИХАЙЛОВ.

## Чăваш АССР-ĕнчи колхозсенче çураки мĕнле пынине кăтартакан СВОДКА

1953 çулхи майăн 25-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Çуртри акнă | Пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсем | Тулă | Йĕтĕн | Кантăр | Çĕрулми | Тымарçимĕçсем | Силос культурисем | Нумай çул ÿсекен курăксем | Пахча çимĕç лартнă |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| Советски | 100 | 104 | 110 | — | 87 | 92 | 91 | 104 | 104 | 36 |
| Красноармейски | 100 | 102 | 102 | — | 88 | 97 | 87 | 102 | 109 | 31 |
| Муркаш | 100 | 103 | 100 | — | 70 | 96 | 100 | 101 | 101 | 29 |
| Етĕрне | 99 | 104 | 107 | 125 | 83 | 95 | 103 | 100 | 104 | 27 |
| Чкаловски | 99 | 100 | 115 | — | 89 | 82 | 114 | 131 | 107 | 45 |
| Елчĕк | 98 | 98 | 104 | — | 95 | 100 | 100 | 100 | 109 | 48 |
| Комсомольски | 98 | 99 | 104 | — | 87 | 95 | 107 | 112 | 112 | 55 |
| Шăхасан | 98 | 100 | 105 | — | 82 | 90 | 107 | 102 | 123 | 57 |
| Шăмăршă | 97 | 101 | 102 | — | 75 | 63 | 73 | 100 | 85 | 20 |
| Элĕк | 96 | 100 | 106 | — | 79 | 89 | 85 | 101 | 100 | 25 |
| Вăрмар | 96 | 100 | 104 | — | 54 | 62 | 100 | 124 | 111 | 27 |
| Шупашкар | 96 | 97 | 104 | — | 92 | 97 | 98 | 105 | 84 | 38 |
| Первомайски | 96 | 101 | 109 | 88 | 88 | 78 | 100 | 101 | 103 | 42 |
| Ишлей | 96 | 96 | 108 | — | 88 | 97 | 100 | 102 | 100 | 22 |
| Калинино | 96 | 100 | 105 | — | 87 | 100 | 90 | 105 | 123 | 44 |
| Сĕнтĕр | 95 | 102 | 112 | — | 67 | 89 | 87 | 102 | 117 | 13 |
| Çĕрпÿ | 94 | 97 | 104 | — | 57 | 85 | 97 | 106 | 113 | 19 |
| Чурачăк | 94 | 97 | 109 | — | 63 | 85 | 101 | 101 | 112 | 31 |
| Йĕпреç | 93 | 100 | 102 | 82 | 73 | 86 | 95 | 100 | 110 | 32 |
| Канаш | 92 | 99 | 112 | — | 42 | 64 | 100 | 100 | 109 | 30 |
| Кувакино | 91 | 100 | 110 | 66 | — | 64 | 104 | 103 | 101 | 10 |
| Куславкка | 91 | 100 | 110 | — | 25 | 62 | 85 | 100 | 112 | 11 |
| Хĕрлĕ Чутай | 90 | 97 | 104 | 87 | 42 | 84 | 62 | 85 | 82 | 25 |
| Октябрьски | 90 | 96 | 109 | — | 50 | 64 | 92 | 100 | 100 | 23 |
| Тăвай | 90 | 96 | 133 | — | 37 | 67 | 100 | 104 | 97 | 25 |
| Вăрнар | 89 | 96 | 102 | 37 | 76 | 89 | 100 | 100 | 126 | 27 |
| Сĕнтĕрвăрри | 87 | 97 | 116 | — | 33 | 64 | 81 | 86 | 130 | 20 |
| Улатăр | 79 | 96 | 106 | 45 | — | 20 | 56 | 72 | 100 | 18 |
| Çĕмĕрле | 76 | 88 | 98 | 51 | 112 | 55 | 82 | 98 | 59 | 21 |
| Пăрачкав | 74 | 82 | 105 | 43 | — | 44 | 71 | 82 | 96 | 18 |

## Вăйлă тырпулшăн кĕрешсе

«Броневик» колхоз Сĕнтĕр районĕнчи малта пыракан колхозсенчен пĕри. Вăл, пĕрлешсе пысăкланнă хыççăн, çулсерен тĕрекленсе, пуянланса пырать.

Колхоз членĕсем çуракине пур енчен те хатĕрленсе тухрĕç. Колхоз уй-хирĕнче Сĕнтĕр МТС-ĕн 4-мĕш бригади ĕçлет. Бригадăра социализмла ăмăрту анлăн сарăлчĕ.

ДТ-54 тракторпа ĕçлекен К. Богданова тата В. Антонов трактористсем хăйсен кулленхи нормисене ытлашшипех тултарса пычĕç, кашни сменăра 6,5 гектар сухалас вырăнне, 7—9-шар гектар сухаларĕç. Пур бригадăсенче те тĕштырăсене сеялкăсемпе акнă, тулă вăрлăхне пĕрчĕллĕ суперфосфатпа хутăш акса хăварнă.

Партипе комсомол организацийĕсем колхоз правленине пулăшсах тăчĕç. Кашни бригадăра виçшер агитатор ĕçлерĕ. Вĕсем хăйсене шанса панă ĕçе чыслăн пурнăçларĕç, колхозниксемпе трактористсем хушшинче ăмăртăва вăйлатса пыма пулăшрĕç. Скворцова тата Рожканов агитаторсем çураки вăхăтĕнче уйрăммăнах лайăх ĕçлесе пычĕç. Вĕсем хаçатсемпе журналсем вуланипе пĕрлех, кÿршĕри «Заря» колхозра çураки ĕçĕсем мĕнле пыни çинчен каласа парса, ăмăртăва анлăн сарма пулăшрĕç.

Çапла вара çуракинче колхозниксемпе МТС механизаторĕсем пĕр-пĕринпе таччăн çыхăнса ĕçленипе колхоз вир, кантăр тата çĕрулмисĕр пуçне çурхи тырăсем акмалли плана пĕтĕмпех тултарса, районта малти вырăна тухрĕ.

Çĕрулми вăрлăхне пĕтĕмĕшпех яровизациленĕ, тăваткал кĕтеслĕ меслетпе лартма тытăннă. Вир, кантăр акаççĕ. Ку ĕçсемсĕр пуçне, бригадăсем уй-хире тислĕк турттараççĕ.

В. САПТЕЕВ.

## Тырпул пухса кĕртме халĕ хатĕрленмелле

Етĕрне МТС-ĕн картишĕнче ялхуçалăх машинисем енĕпе ĕçлекен Н. Зорников инженерпа МК-1100 молотилка машиноведне В. Тарасова тĕл пултăмăр.

— Ĕçсем аван пыраççĕ-и?—ыйтрăмăр эпир.

— Ан та калăр, тырă вырмалли машинăсене юсасси питĕ япăх пырать.

— Мĕншĕн-ха апла?

— Ялхуçалăх машинисен йывăç пайĕсене юсама дирекци материал тупса парассишĕн пачах та тăрăшмасть,—ответлерĕ Зорников юлташ.

Тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас вăхăт—ялхуçалăхĕнчи ответлă тапхăр. Анчах та Етĕрне машина-трактор станцийĕ (директорĕ А. Вязов юлташ) çав тапхăра лайăх хатĕрленсе кĕтсе илессишĕн нимĕн чухлĕ те тăрăшмасть.

— Ĕлкĕрĕпĕр-ха, вăхăт пур, — теççĕ кунта.

Районти колхозсен уй-хирĕсенчи тырпулсен пысăк пайне кăçал комбайнсемпе тата ытти ялхуçалăх машинисемпе пуçтарса кĕртмелле пулать. Çавăнпа та тырпул пухса кĕртме халех тĕплĕн хатĕрленсе пымалла, ĕçе вăраха ямалла мар.

Ялхуçалăх машинисене юсамалли графика МТС-ра пăсса пыраççĕ. Паянхи куна 15 комбайн юсамалла пулнă. Халлĕхе вĕсенчен улттăшне кăна юсанă. 40 жнейка юсас вырăнне пĕрне те юсама тытăнман. Çавăн пекех молотилкăсене те, утă çулмалли машинăсене те юсама пачах тытăнман.

Чылай комбайнерсемпе машиноведсем ялхуçалăх машинисене вăхăтра юсама, вĕсене лайăх хатĕрлесе çитерме тăрăшаççĕ. МТС дирекцийĕ вара машинăсен йывăç пайĕсене юсама кирлĕ япаласем те, запаслă пайсем те тупса памасть. Запаслă пайсем илмелли укçа-тенкĕне тракторсене юсанă çĕртех пĕр пус юлмиччен расходласа пĕтернĕ.

Юсав ĕçĕсенче ĕçлекен рабочисем хушшинче ĕç дисциплини питех те япăх. Халлĕхе МТС-ра 5 комбайнер тата пĕр машиновед çеç ĕçлеççĕ-ха.

Тырпул пухса кĕртме хатĕрленес ĕçре пуçламăш парторганизаци те пуçарулăх кăтартмасть. Кунта массăлла-политикăлла ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен.

Я. СОРОКИН, Г. МЫТИКОВ.

*Республикăри хуласемпе район центрĕсенче*

## СОВЕТСКИ—РАЙОН ЦЕНТРĔ



ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: сулахайра — МТС-ра ĕçлекенсен пурăнмалли çурчĕсем, сылтăмра—вăтам шкул çурчĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

Советски, ĕлĕкхи Шăмат, 1927 çулччен вулăс центрĕ пулнă. Çав вăхăтра кунта пĕр шкулпа больница, телефон станцийĕ, ветпункт çеç ĕçленĕ. 1939 çулта республикăра темиçе çĕнĕ район тунă. Çĕнĕ район центрĕсенчен пĕри Шăматра пулнă. Çавăнтанпа унăн ятне Советски тесе улăштарнă.

Район центрĕ тунăранпа Советски палламалла мар çĕнелсе улшăннă. Кунта çĕнĕ те пысăк çутĕç учрежденийĕсен хисепĕ нумайланнă, вырăнти чĕртавартан продукци туса кăларакан промышленность предприятийĕсем ĕçлеме пуçланă.

Малтанхи çулсенче кунта тăм чÿлмексем тăвакан мастерской кăна пулнă. Халĕ Советскинче райпромкомбинат, апат-çимĕç комбиначĕ, «Трудовик» промартель, инвалидсен «Рекорд» артелĕ, вăрманпромхоз тата ыттисем те ĕçлеççĕ. Вĕсем кирпĕч, кондитерски изделисем, колбаса, ĕçмелли тутлă шывсем туса кăлараççĕ, вутă тата строительство валли йывăç хатĕрлеççĕ. Кунта кĕпе-тумтир, атă-пушмак çĕлемелли тата юсамалли цехсем ĕçлеççĕ, çĕрулми типĕтессине, чăпта çапассине йĕркеленĕ.

Районти промышленность предприятийĕсем вырăнти чĕртавартан продукци туса кăларасси çултан-çул ÿссе пырать. Районти промышленность çитес çывăх çулсенче тата ытларах аталанмалла. Кăçал торф кăларма тытăнаççĕ. Райпромкомбинатпа апат-çимĕç комбиначĕ çĕнĕ цехсем уçаççĕ. Çывăх вăхăтрах çăматă йăвалакан, пахча çимĕç тăварлакан, варенни пĕçерекен тата ытти цехсем ĕçлеме тытăнмалла. Кăçал Анат Сăнар тĕлĕнче районта пĕрремĕш гидроэлектростанци туса пĕтереççĕ. Унăн пĕвине туса пĕтернĕ ĕнтĕ.

1920 çулта Советскинче ку таврара малтанхи вулав çурчĕ уçнă. Малтанхи вăхăтра унта пурĕ те 500 кĕнеке çеç пулнă. Район центрĕ тунăранпа культурăпа çутĕç учрежденийĕсен хисепĕ нумай ÿснĕ, вĕсен ĕçĕ лайăхланнă. Халĕ район центрĕнчи библиотекăра вунă пин ытла кĕнеке. Унтан кăçал 800 çын кĕнеке илсе вуланă. Унсăр пуçне библиотекăн Çакалăх ялĕнче кĕнеке памалли уйрăмĕ тата 15 передвижка ĕçлет.

Виçĕмçул районти культура çуртне юсаса илемлетнĕ, залсемпе пÿлĕмсене йĕркеленĕ. Халĕ унта ĕçсыннисене вăхăта культурăллă ирттерме пур условисем те çителĕклĕ. Кулленех кино кăтартаççĕ, концертсем пулаççĕ. Вырăнти лекторсен вăйĕпе лекцисем ирттереççĕ. Культура çуртĕнче кăçал 38 хутчен лекци ирттернĕ, вĕсене пиншер çын итленĕ.

Аслă Отечественнăй вăрçă хыççăн Советскинче радиоузел туса лартнă. Халĕ унтан 280 киле радио кĕртнĕ.

1843 çулта Советскинче пуçламăш шкул уçнă. Малтанхи çул унта вунă ача кăна вĕреннĕ. Халĕ Советскинче вăтам шкул ĕçлет, унта 37 учитель. Кăçал вунăмĕш класран кăна 72 çамрăк вĕренсе тухать.

Район центрĕнче халăх сывлăхне сыхлас ĕç уйрăмах хăвăрт аталанса пырать. 1946 çулччен кунти больницăра пурĕ те пĕр врач кăна ĕçленĕ. Хирурги пулăшăвĕ парасси пулман. Халĕ больницăра пилĕк врач. Кунта операцисем тумалли пÿлĕм уçнă, больницăна пысăклатнă, çĕнĕ йышши тĕрлĕ оборудованисемпе пуянлатнă. Кăçал ача çуратмалли уйрăм тăваççĕ, килес çул рентген кабинечĕ ĕçе кĕмелле.

Район центрĕн пĕр вĕçĕнче çĕнĕ те илемлĕ темиçе çурт ларать. Кунта 13 гектар çĕр лаптăкĕ çине республикăри чи çамрăк МТС-сенчен пĕри вырнаçнă, ăна виçĕмçул кăна организациленĕ.

Çамрăк МТС хăватлă техникăпа пуянланать, тракторсемпе комбайнсен тата ытти тĕрлĕ ялхуçалăх машинисен хисепĕ ÿссех пырать. МТС-ăн хăйĕн электростанци пур. Рабочисемпе служащисене пурăнма стандартлă çĕнĕ çуртсем лартаççĕ. Кăçал 50 трактор вырнаçмалăх типовой мастерской туса пĕтереççĕ. Çитес çул кантур валли çĕнĕ çурт, клуб, столовăй, общежити çурчĕсем, машинăсем лартма темиçе сарай тăваççĕ. МТС вырăнĕ çĕнĕ поселок пек ÿссе лармалла.

Советски — Аслă Отечественнăй вăрçă хыççăнхи çулсенче çĕнелсе улшăннă район центрĕ. Юлашки çулсенче кăна унта тĕрлĕ учрежденисемпе предприятисем, магазинсем, чайнăйсемпе столовăйсем валли çĕнĕ те пысăк çуртсем нумай туса лартнă.

Район центрĕнчи ĕçсыннисем хăйсен ялне юратаççĕ, ăна илемлĕ тăвассишĕн тăрăшаççĕ. Çавăнпа кунта благоустройство ĕçĕсем анлăн сарăлса пыраççĕ. Çак ĕçе ĕçсыннисем хăйсем хастарлăн хутшăнаççĕ. Учрежденисемпе предприятисем тавра йывăçсем лартаççĕ. Кăçал МТС тавра кăна пин ытла йывăç лартнă. Пасар вырăнне урăх çĕре куçарса, район центрĕ варринче пысăк парк тăваççĕ. Халĕ çак ĕçе пуçарнă та ĕнтĕ. Советскипе юнашар юхса иртекен Юрпаш шывĕ çинче электростанци пулать.

Партипе правительство ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн, вĕсен культурине ÿстерессишĕн куллен тăрăшаççĕ. Çакна эпир çĕнĕ район центрĕ Советски ÿссе, çĕнелсе пынинчен, унти ĕçсыннисен пурнăçĕ лайăхланса пынинчен уççăн куратпăр.

Н. МИНИН.

## Утă çулма пуçланă

Çĕршыври чылай облаçсенче утă çулма пуçланă. Чкалов облаçĕнче курăксем вăйлă ÿснĕ. Кунта трактор косилкисемпе тата ытти машинăсемпе ĕçлесе утă çулаççĕ.

Дагестанра Каспи айлăмĕ çывăхĕнчи колхозсем пуринчен малтан утă çулма тытăннă. Кăçал республикăра курăксем тата силос тума кукуруза иртнĕ çулхисенчен чылай ытларах акса хăварнă.

Андижан облаçĕнче çĕр мамăкĕ акса тăракан «Савай» совхозра хĕрсех утă çулаççĕ. Кунта 2.000 гектар çинчен люцерна ути пуçтарса кĕртмелле. Ĕçе анлăн механизациленĕ совхоз коллективне утă хăвăртрах çулса пуçтарма тата иртнĕ çулхинчен нумайрах утă хатĕрлеме пулăшать. (ТАСС).

## Заводри массăлла-политикăлла ĕç

Партин Горький обкомĕн бюровĕ майăн 25-мĕшĕнче Молотов ячĕпе тăракан автозаводра массăлла-политикăлла ĕçе мĕнле йĕркелени çинчен сÿтсе явнă.

Юлашки вăхăтра предприятире çак ĕç чылай лайăхланнă. Цехсенче 3 пин ытла агитатор ĕçлет. Партком кашни эрнере семинарсем ирттерет. Унта агитаторсем пĕр-пĕрин опычĕпе паллашаççĕ. Цехсемпе отделсенче 160 ытла стена хаçачĕ тухса тăрать. Рабочи корреспондентсем пин çын ытла хаçатсене çырса тăраççĕ. Кашни кунах «Молния» листоксем кăлараççĕ. Рабочисем хушшинче лекцилле пропаганда анлăн саралнă. Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен, техника ыйтăвĕсемпе тата ытти темăсемпе те 700 ытла лекци вуласа панă. (ТАСС).

# Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстересси— партизацийĕсен чи кирлĕ задачи

*Н. ШМАКОВ,*
*КПСС обкомĕн секретарĕ*

Халăхăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем тата промышленность валли чĕрт авар ситĕлĕклĕ хатĕрлемелле пултăр тесе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатмалли программа палăртса пачĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри тĕп задача малашне те колхозсемпе совхозсенчи общественла выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ӳстересси пулать.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçласа, пирĕн республикăри нумай колхозсем тата колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансемпе специалистсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе ялхуçалăхĕн пысăк тупăш паракан отраслĕ туса хурассишĕн, выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тупăш илессишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешеççĕ.

1952 çулта республикăри 115 колхозра ĕнесем сĕт парассине чылай ӳстернĕ, кашни сăвакан ĕнерен 1.000-шер литр сĕт суса илнĕ. Республикăри малта пыракан дояркăсем уйрăмах пысăк çитĕнӳ турĕ. Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри А. С. Селиванова доярка хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 1952 çулта 2.481-шер килограмм сĕт суса илнĕ. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри К. А. Ситухина доярка кашни ĕнерен 2.456-шар килограмм, Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхозри А. Г. Каулина доярка 2.092-шер килограмм, Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозри В. М. Токсубаева доярка 2.215-шер килограмм, Улатăр районĕнчи «Победа» колхозри Р. Ф. Исаева доярка 2.068-шар килограмм, Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри М. П. Порфирьева доярка 2.042-шер килограмм, Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозри, П. В. Заплаткина доярка кашни ĕнерен 2.018-шар килограмм сĕт суса илнĕ.

1953 çулта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри чи лайăх работниксем выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тухăçлăх илессишĕн кĕрешӳ пуçарса ячĕç. Вĕсем чĕннипе республикăра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем хушшинче социализмла ăмăрту анлăн сарăлчĕ, вĕсем партин XIX-мĕш съезчĕ общественла выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатас тата унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе кăтартса панă задачăсене пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ. Сĕршер дояркăсем, телятницăсем, свинаркăсем, сурăх пăхакансем, кайăк-кĕшĕк пăхакансем ăмăртса ĕçлеме тытăнчĕç. Вĕсем «Республикăри чи лайăх доярка», «Республикăри чи лайăх телятница», «Республикăри чи лайăх свинарка», «Республикăри чи лайăх птичница», «Республикăри чи лайăх овцевод», «Республикăри чи лайăх конюх» ятне илессишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ.

Улатăр районĕнчи «Победа» колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем, выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тухăçлăх илессишĕн пыракан ăмăртăва хутшăнса, кăçалхи тăватă уйăх хушшинче кашни сăвакан ĕнерен 863-шер килограмм сĕт суса илнĕ. Калас пулать, иртнĕ çулсенче «Победа» колхоз ĕнесенчен сĕт суса илес тĕлĕшпе кӳршĕри «Путь Ильича» колхозран чылай кая юлса пынă. Кăçалхи çул «Победа» колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекен работниксем, колхозри парторганизаци (секретарĕ Тюрин юлташ) тата колхоз правленийĕ (председателĕ коммунист Митин юлташ) ертсе пынипе, «Путь Ильича» колхоза хуса çитнĕ кăна мар, кашни сăвакан ĕнерен унтинчен 58-шар килограмм ытларах сĕт суса илнĕ. «Победа» колхозри чи лайăх дояркăсем М. Ф. Ганюшкина хăй пăхакан кашни ĕнерен 925-шер килограмм, Н. И. Кузовенкова 917-шер килограмм сĕт суса илнĕ.

Улатăр районĕнчи нумай колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсем хушшинче социализмла ăмăрту анлăн сарăлнă. Çавна май Улатăр районĕнчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем республикăри ытти районсенчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсемпе ăмăртса мала тухнă. Вĕсем, Чурачăкпа Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи колхозсенчипе танлаштарсан, кашни сăвакан ĕнерен виçĕ хут ытларах сĕт суса илнĕ.

Етĕрне районĕнче те нумай колхозсенче общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерессишĕн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекен работниксем хушшинче социализмла ăмăрту лайăх организациленĕ. Çак районти выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем республикăри районсен ăмăртăвĕнче иккĕмĕш вырăн йышăннă.

Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем тата çак колхозри парторганизаци ĕнесен сĕт тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе пухнă опыта тимлĕрех вĕренни питĕ усăллă пулать.

Çак колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем, колхозри парторганизаци тата колхоз председателĕ коммунист Юхтанов юлташ ертсе пынипе, общественла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетсе, унтан пысăк тухăçлăх илессишĕн, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тупăш паракан отрасль туса хурассишĕн çултан-çул çине тăрса кĕрешеççĕ. 1952 çулта Буденный ячĕпе тăракан колхозра кашни сăвакан ĕнерен 2.305 килограмм сĕт суса илнĕ, çапла вара, 1951 çулхипе танлаштарсан, сăвакан кашни ĕнерен сĕт суса илессине 425 килограмм ӳстернĕ. Кăçалхи тăватă уйăх хушшинче Буденный ячĕпе тăракан колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем кашни ĕнерен 1.054 килограмм сĕт суса илнĕ, республикăри колхозсен ăмăртăвĕнче мала тухнă. Çак колхозри чи лайăх доярка А. С. Селиванова хăй пăхакан кашни ĕнерен 1.210-шар килограмм, З. А. Андреева—1.093-шер килограмм, К. М. Молчанова—1.070-шер килограмм сĕт суса илнĕ.

Буденный ячĕпе тăракан колхозри парти организацийĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç çине тимлĕ пăхать, колхоз правленине выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатас ĕçпе çыхăнса тăракан пысăк ыйтусене татса пама пулăшать. Вăл выльăхсен ăратлăхне лайăхлатассишĕн, выльăх-чĕрлĕх валли лайăх витесем туса парассишĕн, çултан-çул йышланса пыракан выльăх-чĕрлĕх валли çирĕп апат никĕсĕ туса хурассишĕн, выльăх-чĕрлĕх пăхакансем хушшинче ĕçе тĕрĕс организацилессишĕн кĕрешет. Выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçĕн ответлă участокĕсенче ĕçлеме парти организацийĕ коммунистсене уйăрса лартнă.

Колхозри чи лайăх доярка А. С. Селиванова тата сурăхсем пăхакан А. М. Крынецкий выльăх-чĕрлĕх фермисен ĕçне лайăхлатассишĕн ăмăрту пуçарнă. Парти организацийĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн работникĕсем йышăннă социализмла обязательствăсене пурнăçлассипе çыхăнса тăракан ыйтусене партин усă пухăвĕсенче час-часах сӳтсе явать, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерме конкретлă решенисем йышăнать, çак ыйтусене пăхса тухма колхоз правленине тата колхозниксен пĕрлехи пухăвне тăратать. Парти организацийĕпе колхоз правленийĕ кашни эрнере пĕр хут ăмăрту итогĕсене пăхса тухаççĕ. Выльăх-чĕрлĕх пăхакансем хушшинче политикăлла пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Агитаторсем кашни кун хаçатсем, журналсем вуласа пăраççĕ. Фермăра стена хаçачĕ йĕркеллĕ тухса тăрать.

Парти организацийĕ, колхоз руководстви тата фермăсенче ĕçлекен коммунистсем выльăх-чĕрлĕх пăхакансем хушшинче ĕçе организацилесси, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсене тĕрĕс шута илесси, малта пыракан работниксене хавхалантарасси çине уйрăмах тимлĕн пăхаççĕ. Производство заданийĕсене тултарнăшăн тата ирттерсе тултарнăшăн вăхăтра ĕçкунĕ хушса параççĕ тата хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх продуктсем уйăрса параççĕ.

Ĕне выльăхсен тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе 1953 çулта Вăрнар, Чкаловски, Елчĕк районĕсенчи выльăх-чĕрлĕх пăхакансем те малтанхи çитĕнӳсем турĕç.

Улăх-çаран тата выльăх сӳретмелли вырăнсем çителĕксĕр пулнă условисенче те Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозпа Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри коммунистсем общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçне ӳстерес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ.

«Гвардеец» колхозăн кĕтӳ сӳретмелли вырăнсем тата çарансем сахал. Çакна шута илсе, вăл курăк акмалли пусă çаврăнăшне ăнăçлăн йĕркелесе çитерчĕ. Кунта симĕс конвейер организациленĕ. Выльăхсене çуллахи вăхăтра та апат парса усраççĕ. Колхоз 1948 çулта кашни ĕнерен 1.005 килограмм сĕт суса илнĕ пулсан, 1952 çулта 1.966 килограмм суса илнĕ.

Сталин ячĕпе тăракан колхозри парти организацийĕ, колхоз председателĕ С. К. Коротков юлташ пуçарнипе, кăçал колхоз çĕрĕпе татах та тухăçлăрах усă курмалла тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерет. Колхозниксем çĕртме пуссине çĕрулми лартса çитĕнтереççĕ, мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне малалла ӳстерессишĕн, паха, йышши выльăх апачĕ туса илессишĕн, выльăх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерессишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ.

Республикăри малта пыракан колхозсен тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен работниксен опычĕ çакна кăтартать: пирĕн общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне чылай ӳстерме кирлĕ пысăк майсем пур тата условисем те çителĕклĕ.

Анчах эпир ĕçсем чăннипе мĕнле пулса пыни çине куç хупса пăхма пултараймастпăр. республикăри нумай колхозсем общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне, уйрăмах ĕне выльăх тухăçлăхне ӳстерме кирлĕ пысăк майсемпе туллин усă курманнине тата пĕтех те сахал продукци илнине курмасăр тăма пултараймастпăр.

Элĕк, Сĕнтĕрвăрри, Советски, Куславкка, Хĕрлĕ Чутай районĕсенчи колхозсем иртнĕ 1952 çулта сăвакан кашни ĕне пуçне пурĕ те 550-шар килограмм кăна сĕт суса илнĕ. Çак районсенчи кая юлнă колхозсенче ĕнесенчен сĕт унтан та сахалтарах суса илеççĕ.

Çакна каласа хăварас пулать: ку районсенчи парти, совет, ялхуçалăх органĕсен руководителĕсем 1952 çулхи урокĕсенчен тивĕçлĕ выводсем туман, общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе колхоз председателĕсемпе парти организацийĕсен ответлăхне ӳстерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнман. Çавăн пирки те асăннă районсенчи колхозсем 1953 çулта та ĕне выльăхсен тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе çаплах кая юлса пыраççĕ. Чурачăк районĕнчи колхозсенче вара сĕт тухăçлăхĕ кăçал, 1952 çулхипе танлаштарсан ӳсес вырăнне чакнă. Район ĕнесенчен сĕт суса илес тĕлĕшпе республикăра чи кайри вырăнта тăрать.

Çаксем ĕнтĕ колхозсене организацилле хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес тĕлĕшпе пысăк вырăн йышăнса тăракан ĕçе—общественла выльăх-чĕрлĕхпе унăн тухăçлăхне ӳстерес ĕçе хакламасăр тăрас сиенлĕ практикăна парти организацийĕсем пĕтерменни çинчен калаççĕ.

Общественла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хаклачаннине Вăрмар районĕнчи «Дружба» колхоз тĕслĕхĕ тăрăх лайăх кăтартса пама пулать. Çак колхоз çултан-çул пысăк тухăçлă тырпул туса илет. Колхозра общественла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне хăвăрт ӳстерме условисем çителĕклĕ. Колхозра парти организацийĕ 15 çынна пĕрлештерсе тăрать. Колхоза опытлă председатель — коммунист Григорьев ертсе пырать. Анчах та парти организацийĕпе колхоз руководстви общественла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хакламан пирки «Дружба» колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе районта юлса пыракан колхозсенчен пĕри шутланать. Çак колхозра выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ питех те пĕчĕккĕ. Сысна фермипе сурăх фермисенче выльăх нумай вилет. Çакна пула колхоз хуçалăхĕ пысăк сиен курать.

Вăрмар районĕнчи «Дружба» колхоз пек колхозсем республикăра сахал мар-ха. Вĕсен выльăх апачĕ те çителĕклĕ пулать. Анчах та выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерессине хакламан пирки вĕсем выльăхсене начар пăхаççĕ, апат çителĕксĕр параççĕ. Çавăн пирки сĕт те сахал суса илеççĕ.

Нумай колхозсенче общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ тӳсме çук пĕчĕккĕ пулни — районсемпе колхозсен руководителĕсем, колхозсенчи парти организацийĕсем час-часах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç çине пĕр енчен пăхнинчен, унăн хисепĕ енчен—плана тултарасси енчен кăна пăхнинчен килет. Çавăнпа та вĕсем общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерессишĕн сахал тăрăшаççĕ. Общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстермелли пысăк ыйтусене — çирĕп апат никĕсĕ тăвасси çине, выльăхсем валли лайăх витесем туса парасси çине, выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе механизацилесси çине, ĕçе тĕрĕс организацилесси çине, ĕçшĕн тӳлесси çине кирлĕ пек пăхмаççĕ.

Чылай колхозсенчи парти организацийĕсен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсенчен пĕри вăл—вĕсем правленисен ĕçне çителĕксĕр тĕрĕслесе тăни пулать. Вĕсем уйрăмах правленисем общественла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе мĕнле ертсе пынине çителĕксĕр тĕрĕслесе тăраççĕ. Парти райкомĕсем вара çак çитменлĕхсемпе килĕшсе тăраççĕ, общественла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатассишĕн колхозсенчи парти организацийĕсемпе коммунистсен ответлăхне ӳстерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ, фермăсенче ĕçлеме коммунистсене уйăрасси, фермăсенче парти групписем организацилесси çине кирлĕ пек пăхмаççĕ, фермăсенче ĕçлекенсем хушшинче политикăлла ĕçе лайăхлатмаççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе кăларса тăратнă задачăсем колхозсенчи парти организацийĕсене общественла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстермелли государство планне тултарас ĕçе ялан контроллесе тăма хушаççĕ.

Суркуннехипе çуллахи тапхăр выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерес ĕçре чи лайăх тапхăр пулса тăрать. Çак тапхăрта выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне, уйрăмах ĕне выльăх тухăçлăхне ӳстерме чи лайăх условисем пулаççĕ. Кунсăр пуçне, çак кунсенче выльăхсене пăхас ĕçе малалла лайăхлатма тата вĕсен тухăçлăхне ӳстерме кирлĕ условисем туса хумалла.

Хальхи вăхăтра колхоз руководителĕсен, колхозсенчи парти организацийĕсен, ялхуçалăх специалисчĕсен пур колхозсенче те ĕнесене уйрăммăн, талăк тăршшĕпех чи лайăх участоксенче кĕтӳ сӳретсе усрамалла тăвас пулать, сăвакан ĕнесене симĕс курăк тата концентратлă апатсем обязательнă йĕркепе парса тăмалла. Ĕнесене хушса апат пама, чи малтан, ятарласа акса хăварнă ыраш калчисене, пĕр çул тата нумай çул ӳсекен курăксене çулса илмелле. Çуллахи кунсенче пур колхозсенче те ĕнесене çителĕклĕ шăварса тăмалла, кунне 3—4 хут суса тăмалла.

Çавăн пекех сĕт-çăва учета илес тата расходлас ĕçре те çирĕп йĕрке туса хумалла. Малта пыракан ферма заведующийĕсем учета лайăх йĕркелесе выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тухăç илеççĕ. Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри ĕне фермин заведующийĕ Б. И. Скребков юлташ, хăйсем сĕт нумай суса илнине палăртса, çапла каласа парать: ĕнесене сунă сĕрте эпĕ яланах хам пулатăп, сунă сĕте хам йышăнатăп, ĕне пăрулланă хыççăнах унăн сĕтне тĕплĕн шута илсе пыратпăр. Сĕте çакăн пек шута илес йĕрке ăна кирлĕ-кирлĕ мар çĕре салатассинчен хăтарать, дояркăсене тата фермăри ытти работниксене ĕçлеме хавхалантарать, мĕншĕн тесен вĕсене ĕçшĕн мĕн чухлĕ сĕт суса илнине кура тӳлеççĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çапла калана: мăйракаллă шултра выльăхăн сĕт тухăçлăхне ӳстерме выльăх-чĕрлĕх хуçалăхне тытса пырас ĕçри ытларах интенсивлă системăна — выльăха кĕтӳре сӳретмесĕр пăхса усрамалли системăна пурнăçа кĕртсе пымалла. Пирĕн республикăри колхозсен, уйрăмах кĕтӳ сӳретмелли лайăх вырăнсем çук колхозсен, çуллахи вăхăтра сăвакан выльăха кĕтӳре сӳретмесĕр пăхса усрас ĕçе хăюллăнрах тата анлăнрах пурнăçлама тытăнмалла. Ку тĕлĕшпе Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз опычĕпе усă курмалла.

Кĕтӳ сӳретмелли вырăн çук уйрăм колхозсенче сăвакан ĕнесене çулла инсетри вăрман участокĕсене илсе каяççĕ. Анчах та практика çак ĕç хăй хакне тăманнине кăтартса парать. Кун пек чухне сăвакан ĕнесене мĕнле пăхса усранине колхоз руководителĕсемпе парторганизаци куллен-кун тĕрĕслесе тăраймаççĕ, çавăн пиркиех вăрманта пурăнакан ĕнесем сĕт тухăçлăхне чакарни те пулать.

Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстермелли мĕнпур мероприятисене пурнăçлас ĕçре колхозсенчи парторганизацисем уйрăмах пысăк вырăн йышăнма тивĕç. Парторганизацисен общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерессишĕн ферма работникĕсем хушшинче социализмла ăмăрту организацилемелле, выльăх-чĕрлĕх пăхакан работниксене Мари тата Мордва республикисемпе социализмла ăмăртăва тухса илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçлама пулăшмалла.

Общественла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре колхозсенчи парторганизацисен организацилле ĕçне вăйлатмалла, вĕсен колхоз правленийĕсем умне колхозсенчи выльăхсен, уйрăмах ĕнесен тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе ыйтăва çивĕчрех лартмалла. Парторганизаци çав ыйтусене колхоз правленийĕсен ларăвĕсенче, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх пăхакан работниксемпе специалистсем хушшинче тăтăшах сӳтсе явни, выльăх-чĕрлĕх пăхакан работниксен ăмăртăвĕн итогĕсене туни, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне малалла ӳстерсе пыма кирлĕ ĕçсене сӳтсе явни тата фермăсенчи çитменлĕхсене пĕтерме хăвăртрах мерăсем йышăнни чăннипех те общественла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерме пулăшĕ.

Çакăнпа пĕр вăхăтрах парторганизацисен тата колхоз руководителĕсен выльăх-чĕрлĕх пăхакан кадрсен ретне тĕреклетес, вĕсен ĕç квалификацине ӳстерес, вĕсем хушшинче политикăлла ĕçе лайăхлатас, выльăх-чĕрлĕх пăхакансене лайăх условисем туса парас тĕлĕшпе тимлĕрех ĕçлемелле.

Продуктивлă выльăх-чĕрлĕхĕн, уйрăмах ĕнесен тухăçлăхне ӳстермелли ĕçсене пурнăçланă вăхăтрах, парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен, колхоз руководителĕсен, колхозсенчи парторганизацисен тата ялхуçалăх специалисчĕсен общественла выльăх-чĕрлĕх валли çителĕклĕ апат туса илме ытларах тăрăшмалла. Задача çакăнта пулать: выльăх апачлĕх культурăсем акмалли плана кашни колхоз тăрăх пĕтĕмпех тултармалла, вĕсене, уйрăмах тымарçимĕçе, лайăх пăхса çитĕнтермелле, выльăх апачлĕх акнă культурăсене пысăк тухăçлă туса илмелле, улăх-çарансемпе кĕтӳ сӳретмелли вырăнсене лайăхлатас ĕçе анлăн организацилемелле, силос хывма тата утă çулма вăхăтра хатĕрленсе çитсе, вăл ĕçсене йĕркеллĕ туса ирттермелле. Çаксене пурнăçлани выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлеме кирлĕ.

Парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем кăçал выльăх çурчĕсем тăвас, вите-карташсене юсас ыйтусем тĕлĕшпе тимлĕрех ĕçлеме тивĕç. Ака ĕçĕсене вĕçленĕ хыççăн строительство бригадисем, кивĕ çуртйĕрсене юсакан бригадăсем тума, вĕсен ĕçне кирлĕ пек йĕркелеме кашни колхозрах пур майсем те çителĕклĕ. Общественла выльăх-чĕрлĕхе хĕлле пăхса усрама пур колхозсенче те ăшă та паха çуртйĕрсем çителĕклĕ пулмалла.

Парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен фермăсенчи йывăр ĕçсене тата апат хатĕрлес ĕçсене ытларах механизацилеме кирлине манмалла мар, ку ыйту çине пĕтĕм тимлĕхпе пăхмалла. Выльăх-чĕрлĕх пăхса усрас ĕçсене механизацилес тĕлĕшре машина-трактор станцисен пĕлтерĕшĕ пысăк. Калас пулать, республикăри нумай МТС-сем ку енĕпе питĕ çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Выльăх-чĕрлĕх пăхса усрас ĕçсене механизацилемелли 1953 çулхи плана пĕтĕмпех тултармалла. Çакăнпа пĕрлех МТС-сен колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлеме панă плана та пĕр пăркаланмасăр тултармалла.

Общественла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарас, унăн тухăçлăхне ӳстерес задачăсене ăнăçлă татса парас тĕлĕшре зоотехника тата ветеринари работникĕсен, мĕнпур ялхуçалăх специалисчĕсен вырăнĕ питĕ пысăк. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри культурăна хăпартас, общественла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне малалла ӳстерес, колхозсене зоотехникăпа ветеринари пулăшăвĕ парса тăрас ĕçре ялхуçалăх специалисчĕсен активлăхне вăйлатма парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвас пулать.

Общественла выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлени, лайăх витесем туса хатĕрлени, выльăх ĕрчетес тĕлĕшпе йывăр ĕçсене механизацилени, выльăх пăхакансем тата ялхуçалăх специалисчĕсем хушшинчи ĕçе лайăхлатни колхозсенче выльăхсен шутне нумайлатма, вĕсен тухăçлăхне тата таварлăхне малалла ӳстерме пулăшĕ.

## Колхозсемпе совхозсенче ĕнесен сĕт тухăçне хăпартассишĕн пыракан социализмла ăмăрту итогĕсем

### 1953 çулхи майăн 1-мĕшĕ тĕлне

| Йышăннă вырăн | Колхоз, район ячĕсем | Кашни сăвакан ĕнерен сĕт сунă (литрпа) |
|---|---|---|
| 1. | Çĕрпӳри государство селекци станцийĕ | 1.361 |
| 2. | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 1.024 |
| 3. | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 838 |
| 4. | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 782 |
| 5. | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 693 |
| 6. | Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 644 |
| 7. | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 617 |
| 8. | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 588 |
| 9. | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 562 |
| 10. | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 538 |
| 11. | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 529 |
| 12. | Шупашкар районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | 497 |
| 13. | Ишлей районĕнчи «За коммунизм» колхоз | 491 |
| 14. | Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | 490 |
| 15. | Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 454 |
| 16. | Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Правда» колхоз | 448 |
| 17. | Çĕрпӳ районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 441 |
| 18. | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 430 |
| 19. | Çĕмĕрле районĕнчи «Комбинат» колхоз | 418 |
| 20. | Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхоз | 406 |
| 21. | Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 401 |
| 22. | Шупашкар районĕнчи «Красный флот» колхоз | 396 |
| 23. | Улатăр районĕнчи «Красный луч» колхоз | 389 |

## Дояркăсен ăмăртăвĕ

### Сĕт нумай суса илес ĕçре малта пыракансем

КĂÇАЛХИ ТĂВАТĂ УЙĂХ ХУШШИНЧИ ИТОГСЕМ

| Йышăннă вырăн | Хушаматсем | Колхоз, район ячĕсем | Кашни сăвакан ĕнерен сĕт сунă (литрпа) |
|---|---|---|---|
| 1. | А. Е. Ефимова | Çĕрпӳри государство селекци станцийĕ | 2.198 |
| 2. | А. Ф. Федорова | —»— | 1.609 |
| 3. | О. М. Митрофанова | —»— | 1.517 |
| 4. | О. П. Лукина | —»— | 1.421 |
| 5. | А. Г. Григорьева | —»— | 1.223 |
| 6. | А. С. Селиванова | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 1.175 |
| 7. | З. А. Андреева | —»— | 1.061 |
| 8. | К. М. Молчанова | —»— | 1.039 |
| 9. | А. Н. Дубынина | —»— | 1.016 |
| 10. | М. Ф. Ганюшкина | Улатăр районĕнчи «Победа» колхоз | 898 |
| 11. | Н. И. Кузовенкова | —»— | 890 |
| 12. | О. Я. Лебедева | —»— | 870 |
| 13. | М. П. Порфирьева | Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | 846 |
| 14. | М. И. Степанова | Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз | 804 |
| 15. | К. С. Ситухина | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 794 |
| 16. | П. Е. Потапова | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 778 |
| 17. | Т. Н. Крылова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 758 |
| 18. | Н. П. Бурлакова | Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 747 |
| 19. | Н. Д. Ерошина | —»— | 741 |
| 20. | М. Г. Баранова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 738 |
| 21. | А. Д. Филиппова | —»— | 737 |
| 22. | У. М. Матвеева | —»— | 727 |
| 23. | Т. А. Андреева | Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 686 |
| 24. | Н. Я. Яковлева | —»— | 683 |
| 25. | Р. К. Кириллова | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 668 |
| 26. | М. В. Орлова | —»— | 666 |
| 27. | Т. Ф. Филиппова | Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 663 |
| 28. | П. И. Муравьева | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 662 |
| 29. | А. П. Петрова | Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 650 |
| 30. | Н. С. Моряшова | Куславкка районĕнчи «Динамо» колхоз | 649 |
| 31. | П. В Заплаткина | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 642 |
| 32. | М. Константинова | Куславкка районĕнчи «Динамо» колхоз | 638 |
| 33. | А. Т. Титова | Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоз | 634 |
| 34. | А. Т. Мразова | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 630 |
| 35. | О. Н. Тодинова | —»— | 614 |
| 36. | У. В. Галкина | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 596 |
| 37. | Н. Е. Пугачева | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 595 |
| 38. | М. Ф. Плешкова | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 589 |
| 39. | Т. И. Братанова | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 586 |
| 40. | М. Я. Кочеткова | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 583 |
| 41. | Н. Д. Курбатова | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 583 |
| 42. | А. В. Васильева | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 576 |
| 43. | А. Г. Каулина | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 563 |
| 44. | М. А. Демидова | —»— | 552 |
| 45. | А. М. Парамонова | Шупашкар районĕнчи «Красный флот» колхоз | 551 |
| 46. | А. Т. Голюнова | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 539 |
| 47. | Л. Ф. Храмова | —»— | 538 |
| 48. | В. А. Любимова | Ишлей районĕнчи «За коммунизм» колхоз | 538 |
| 49. | А. И. Александрова | Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз | 517 |
| 50. | В. Р. Спаскина | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 511 |
| 51. | М. И. Иванова | —»— | 510 |
| 52. | Ю. И. Тодинова | —»— | 504 |
| 53. | А. Н. Павлова | Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 502 |
| 54. | Т. А. Суркова | Ишлей районĕнчи «За коммунизм» колхоз | 501 |
| 55. | М. И. Ильдейкина | Шупашкар районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | 498 |
| 56. | В. А. Богомолова | —»— | 498 |
| 57. | А. Ф. Ванюшина | Пăрачкав районĕнчи «Ударник» колхоз | 478 |
| 58. | В. П. Младшева | Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | 472 |
| 59. | М. И. Филиппова | Шупашкар районĕнчи «Красный флот» колхоз | 467 |
| 60. | А. В. Мадярова | Çĕмĕрле районĕнчи «Комбинат» колхоз | 467 |

# Краеведени музейĕнче

Чăвашсен республикăри краеведени музейне кашни кунах çĕршер çын пырса курать. Пĕлтĕр унта 22 пин çын, музей ĕçлеме пуçланăранпа çур миллион çын ытла пырса курнă.

Музейре шкул ачисем, студентсем, рабочисем, колхозниксем тата ыттисем те нумай пулаççĕ. Кунта ытти облаçсемпе крайсенчен килнĕ çынсем те час-часах кĕрсе кураççĕ.

Музейре виçĕ уйрăм—çутçанталăк уйрăмĕ, революцичченхи пурнăçа кăтартакан тата Совет влаçĕ тапхăрĕнчи пурнăçа кăтартакан уйрăмсем пур. Унта производство аталанăвне, йăла культури ӳссе пынине кăтартакан авалхи тата хальхи экспонатсем нумай.

Çутçанталăк пуянлăхĕсен уйрăмĕнче Чăваш республикинчи юхан шывсем, çĕр, вăрман пуянлăхĕсем, мĕнле чĕрчунсемпе ӳсентăрансем ĕрчenине кăтартакан экспонатсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Кунта Чăваш çĕршывĕнче тахçан авал пурăннă чĕрчунсен, мамонт, бизон, çăмлă носорог, авалхи пăлан шăммисене курма пулать.

Революцичченхи пурнăçа кăтартакан уйрăмра чăвашсем ĕлĕк усă курнă тĕрлĕ ĕç хатĕрĕсем, музыка инструменчĕсем, кил-çуртра усă курмалли йывăçран, тăмран тунă савăт-сапа, авалхи хĕрарăмсемпе хĕрачасем тăхăнса çӳренĕ тумтирсем нумай. Çакăнтах тутарпа монголсен пусмăрĕнче пурăннă чухнехи укса-тенкĕсем пур. Экспонатсем революцичченхи вăхăтра чăвашсен пурнăçĕ асапллă пулнине кăтартса параççĕ.

Кунта чăваш халăхĕ хăйне пусмăрлакансене хирĕç кĕрешнине кăтартакан паха документсем те пур. Степан Разин восстанийĕ чухнехи хĕçпăшалсем (кистенсем, сăнăсем, вăрçă пуртисем), пугачевецсен хĕçпăшалĕсемпе ялавĕсем (ялав, тупăсем, тупă йĕтрисем, пăшалсем), тĕрлĕ документсем е документсен копийĕсем пур. Вĕсем чăваш халăхĕ хăйне пусмăрлакансене хирĕç пулнă восстанисене хастарлăн хутшăннине кăтартса параççĕ.

Совет влаçĕн çулĕсенчи пурнăçа кăтартакан уйрăм ыттисенчен чылай пысăкрах та пуянрах. Уйрăмри экспонатсем Чăваш çĕршывĕ Совет влаçĕ çулĕсенче промышленность, транспорт, ялхуçалăхĕ тата культура енĕпе пысăк çитĕнӳсем тунине лайăх çутатаççĕ.

Юлашки вăхăтра музей коллективĕ музейри уйрăмсене, экспозицисене пысăкласа лайăхлатас тата пуянлатас тĕлĕшпе чылай ĕçленĕ. Çутçанталăк уйрăмĕнчи стендсене лайăхлатнă.

Революцичченхи пурнăçа кăтартакан уйрăмри стендсенче çĕнĕ экспонатсем хушнă. Кунта Пугачев 1774 çулта хăйĕн çарне Шупашкар уездĕнче Нерядово ялĕ çывăхĕнче Атăл урлă каçарнине, А. С. Пушкин 1833 çулта чăваш ялне пынине кăтартакан картинăсем пур. XVI-мĕш ĕмĕр вĕçĕнчи Шупашкар хулин макечĕ пурне те интереслентерет.

Чăвашсен краеведени музейĕ чăваш халăхĕн историйĕпе, республикăри ĕçсыннисен пурнăçĕ лайăхланса, культура ӳссе пынипе тĕплĕн паллаштарать.

М. ВОЛКОВ.



Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче пысăк хăвăртлăхпа ĕçлекен рабочисен йышĕ ÿссех пырать.

**УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ:** сулахайран сылтăмалла—токарь И. М. Романов, инженер-технолог В. В. Ушаков тата токарь В. В. Замятин çĕнĕ меслетпе ĕçлесси çинчен сÿтсе яваççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# Социализмла ăмăртăва ертсе пырас ĕçе лайăхлатмалла

«Чăвашстрой» тресчĕ иртнĕ çулхи строительство планне ăнăçлă тултарчĕ. Кăçал трест умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ: унăн пурăнмалли тата ытти тĕрлĕ çуртсем 10 миллион тенкĕлĕх тумалла. Унти рабочисем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, государство планне срокчен тултарассишĕн хăйсен вăйĕсене шеллемесĕр кĕрешеççĕ. Коллективра стахановецсемпе ударниксем çĕр çын ытла. Козловпа Постаушкин каменщиксем, Архиповпа Глухов плотниксем, Чуплыгинпа Васильев штукатурсем, Глухов маляр, Суслин арматурщик т. ыт. те ĕç нормине тăтăшах ирттерсе тултараççĕ, пур ĕçе те лайăх тăваççĕ.

Постройком (председателĕ Соколова юлташ) тата трест руководителĕсем (Куприяновпа Щекатуров юлташсем) малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарма, кашни рабочи валли тухăçлă ĕçлеме паха майсем туса пама тăрăшмаççĕ. Çиелтен пăхсан, постройком социализмла ăмăртăва сарма тăрăшать, темелле. Чăннипе вара вăл ку ĕçе çиелтен, ячĕшĕн кăна туса пырать. Трестра ĕçе пысăк пахалăхпа тăвакан бригадăсем организациленмен, материалсене перекетлессишĕн, «чи лайăх каменщик», «чи лайăх штукатур» ятне илме тивĕçлĕ пулассишĕн ăмăртмаççĕ. Ăмăртура уйрăмах паха тĕслĕхсем кăтартакансене палăртма Хисеп хăми тунă. Анчах ун çине никам ятне те çырман.

Кăçалхи март уйăхĕнче трест коллективĕ социализмла обязательство йышăннă, «Ульяновскстрой» трест коллективне ăмăртăва чĕннĕ. Ку—паха тĕслĕх теме пулать. Анчах постройкомпа трест руководителĕсем обязательство йышăнас ĕç çине çиелтен пăхнă. Трест коллективĕ çулталăкри плана тултарма çеç сăмах панă.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезĕчĕ хыççăн çĕршывра пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх плана срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарăлчĕ. Постройкомăн тата трестри парторганизацин коллективăн политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне куллен вăйлатса пымалла, ĕçре тĕл пулакан йывăрлăхсене çийĕнчех пĕтерме мобилизацилемелле.

Трест коллективĕ — пуçаруллă коллектив. Вăл заданисене пурнăçласа пыма çеç мар, ирттерсе тултарса пыма та хатĕр тата пултарать те.

Постройкомпа администраци коллективăн творчествăлла пултарулăхне вăйлатса пыма тăрăшман тĕслĕхсем сахал мар. Производствăлла канашлу производствăна ертсе пырас ĕçе ĕççыннисене хутшăнтармалли паха меслетсенчен пĕри пулать. Канашлусенче рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем ĕç итогĕсене тишкерсе тухаççĕ, çитменлĕхсене пĕтерме, шалти резервсемпе, çĕнĕ техникăпа лайăхрах усă курма пулăшакан паха сĕнÿсем параççĕ.

Постройком председателĕ Соколова юлташ калană тăрăх, трестра производствăлла канашлусем ирттереççĕ. Чăннипе производствăлла канашлусем мар, администраци пуçарăвĕпе техникăлла канашлусем ирттереççĕ. Çак канашлусене те кирлĕ пек ирттермеççĕ: рабочисем паракан сĕнÿсене çырса пымаççĕ, йышăннă решенисене тата сĕнÿсене пурнăçа кĕртнине тĕрĕслемеççĕ.

Малта пыракан стройкăсенче новаторсен опычĕпе паллаштарма, юлса пыракансене тухăçлă ĕçлеме вĕрентес тесе, стахановла шкулсем уçаççĕ, наукăпа техника ĕçченĕсем тата Сталинла преми лауреачĕсен меслечĕсем çинчен докладсемпе лекцисем ирттереççĕ. Трестра çак ĕçе йĕркелемен. Чăн та, техникăпа паллаштаракан икĕ кинофильм кăтартнă, анчах вăл пачах çителĕксĕр. Трест нумайранпа ĕçлет. Апла пулин те чи паллă стахановецсен ячĕсене кĕртме Хисеп кĕнеки туман.

Постройком профсоюз активĕпе тачă çыхăну тытмасть, ăна ăмăртăва йĕркелесе вăйлатас ĕçе хутшăнтармасть. Производствăпа массăллă комиссире икĕ çын çеç. Паллах, темле тăрăшсан та иккĕн пысăк ĕç тума хĕн. Строительство участокĕсенче профгруппоргсем пур. Постройком вĕсене социализмла ăмăртăва йĕркелесе ертсе пыма çителĕксĕр пулăшать, семинарсем ирттермест.

Государство çирĕплетсе паракан плана ăнăçлă тултарма коллективла договорсем нумай пулăшаççĕ. Трест администрацийĕпе постройком коллективла договор тăвасси çине çиелтен пăхнă. Договора цехсенче, хĕрлĕ кĕтессенче, общежитисенче курăнмалли вырăна çакса хуман.

Социализмла ăмăртăва ертсе пырас ĕçе япăх йĕркеленипе трест коллективĕ хăйĕн умĕнче тăракан задачăсене кирлĕ пек пурнăçласа пыраймасть.

С. СИМОНОВ.

*Шкулсенчи экзаменсем*

# ПĔР ШКУЛТА

Первомайскинчи вăтам шкул кăçалхипе вунçиччĕмĕш хут вĕрентсе кăларать. Вăрçă хыççăнхи çулсенче 10-мĕш класран 113 ача вĕренсе тухнă. Халĕ 72 ача вăтам пĕлÿ илнине кăтартакан аттестат илме экзаменсем парать.

Шкултан вĕренсе тухнисем чылайăшĕ кашни çулах аслă шкулсене вĕренме каяççĕ. Кунти шкултан вĕренсе тухнисенчен инженерсем, агрономсем, учительсем, Совет Çарĕн офицерĕсем нумайăн ÿсаланаççĕ. Пĕртăван Петровсем виççĕшĕ те çак шкултан вĕренсе тухнă. Асли — Лев Жуковский ячĕпе тăракан Сывлăшçар академийĕнчен вĕренсе тухнă, вăталăххи — Валерий пысăк заводра инженер пулса ĕçлет, вăл Мускаври Бауман ячĕпе тăракан училищĕрен вĕренсе тухнă, кĕçĕнни — Анатолий скрипач, халĕ совет морякĕ. Ф. Судаков — Ломоносов ячĕпе тăракан государство университечĕн аспиранчĕ, П. Лазарев — сăрт-ту инженерĕ, паллă спортсмен, П. Ермолаев — юрист, А. Белкин Тинĕс-Çар академийĕнче вĕренет. Вăтам шкул пĕтернисенчен чылайăшĕ партипе совет органĕсенче ответлă вырăнсенче ĕçлеççĕ.

Вĕренсе тухнисем шкулпа çыхăну тытаççĕ. Шкулта кашни çулах аслă шкулсенче вĕренекен студентсемпе вăтам шкулта вĕренекенсен тĕлпулăвне ирттереççĕ.

Майăн 20-мĕшĕнче шкул пурнăçĕнче ответлă тапхăр пуçланчĕ. Шкулта çĕршер ачасем экзаменсем пама пуçларĕç. 10-мĕш класра вĕренекенсем вырăс чĕлхипе сочинени çырчĕç. Сочиненисем çырнă 72 вĕренекенрен пĕр ача «5» паллă, 39 ача «4» паллă илме тивĕçлĕ пулчĕç. Начар паллă илни çук.

Экзамен комиссийĕ комсомолец Михаил Кузьминăн ĕçне «5» паллă парса хакларĕ. Вăл «В. И. Ленин сăнарĕ В. Маяковскин «В. И. Ленин» поэминче» тема тăрăх çырнă сочиненире пĕр йăнăш та çук. Илемлĕ, содержани енчен лайăх çырнă сочинение учительсем интересленсе вуласа тухрĕç.

Экзаменсем вăтам шкулти ытти класенче те ăнăçлă иртеççĕ.

Сочинение уйрăмах 10-мĕш «А» класра вĕренекенсем ăнăçлă çырнă. 25 вĕренекенрен çирĕммĕшĕ лайăх паллăсем илнĕ, пĕр ача та начар çырман. Çакă вăл М. Мокеева учительница вĕренекенсене вырăс чĕлхипе тарăн пĕлÿ панине кăтартрĕ.

А. ТУКМАКОВ.

# Вырăс чĕлхине тĕплĕнрех вĕрентни кирлĕ

ÇĔРПУ. Туçири çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ тивĕçлĕ вырăнта тăманни çинчен систерничем вĕренÿ çулĕ тăршшĕнче сахал мар пулнă. Халĕ, экзаменсен пирвайхи кунĕсенче, ку шкулта вĕренекенсем вырăс чĕлхипе литературине япăх пĕлни уççăнах палăрчĕ.

Шкулти çиччĕмĕш классенче пурĕ 42 ача вĕреннĕ. Вăл шутран 12 ачана вырăс чĕлхипе тата литературăпа экзамен тытма кĕртмен. Экзаменра вырăс чĕлхипе изложени çырса 16 ача япăх паллă илнĕ. Лайăх паллă илни пурĕ те пĕр ача çеç. Çапла вара, вырăс чĕлхипе 42 ачаран 14-шĕ çеç экзамен пама пултарнă. Вырăс чĕлхине вĕрентекен Е. Иванова учительница, институтран вĕренсе тухнă пулин те, совет учителĕн тивĕçне пурнăçлама тăрăшмасть.

Вĕренекенсем вырăс чĕлхипе литературине начар пĕлни ытти шкулсенчи экзаменсенче те курăнчĕ. Сталинăри çичĕ çул вĕренмелли шкулти аслă классенче вырăс чĕлхине шкул директорĕ С. Дмитриев юлташ тата З. Карпова учительница вĕрентеççĕ. Вĕсем те хăйсем çине хунă çак пысăк шанăçа тÿрре кăларайман. Çиччĕмĕш классенче 42 ачаран улттăшне экзамена кĕртмен, 10 ача экзаменра начар паллă илнĕ. Хыркассинчи пуçламăш шкулти тăваттăмĕш класра вĕреннĕ 19 ачаран 8 ача вырăс чĕлхипе экзамен тытайман. Ку класа шкул заведующийĕ И. Ельмаков вĕрентнĕ, анчах вĕренекенсем вырăс чĕлхине начар пĕлни ăна пăшăрхантармасть, çав çитменлĕхе вăл тĕрлĕ сăлтавсем çине йăвантарма пăхать.

Районти сутĕç пайĕн кăçалхи экзаменсен итогĕсенчен çирĕпрех вывод тăвас пулать. Вырăс чĕлхипе литературине вĕрентес ĕçе тĕпренех лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Н. ВОЛКОВ. (Хамăр корр.).

# Юратса вĕреннĕ

Çĕмĕрлери Куйбышев ячĕпе тăракан иккĕмĕш номерлĕ шкул. Шкул ачисем ку таранччен мĕнле вĕренсе пынине палăртма экзамен параççĕ.

Вуннăмĕш класра вĕренекенсем вырăс литературипе сочинени çыраççĕ. Класра шăп. М. Камзан преподаватель доска çине виçĕ тема çырса хучĕ. Вĕренекенсем сочинени çырма тытăнчĕç. Вĕсем кашниех кăмăла каякан тема суйласа илнĕ.

...Экзамен пуçланнăранпа пĕр сехет, сисмесĕрех икĕ сехет иртет. Кашни парта хушшинче пĕрерĕн ларса тухнă ачасем лăпкăн, хумханмасăр çыраççĕ. Чи малтан вĕренÿри отличница Клара Куприянова çырса пĕтерчĕ.

Виçĕ сехет. Сочинени çырма панă вăхăт иртрĕ. Вĕренекенсем пĕрин хыççăн тепри хăйсен ĕçĕсене комисси сĕтелĕ çине хураççĕ.

Комисси сочиненисене тĕрĕслеме тытăнчĕ. Учитель вĕренÿре лайăх ĕлкĕрсе пыракан Лиза Гусева ĕçне комисси членĕсене сасăпа вуласа парать. Вăл «Маяковский поэзинчи совет патриотизмĕ» тема суйласа илнĕ. Лиза ăна тарăн шухăшсемпе çырнă.

Акă Коля Федяров ĕçĕ. Вăл А. Фадеевăн «Çамрăк гварди» романĕ тăрăх парти совет çыннисене кĕрешÿре мĕнле ертсе пыни çинчен çырнă. Олег Кошевой çинчен вăл акă мĕнле сăмахсемпе калать: «Олег Кошевой пирĕн вăхăтри чăн-чăн герой пулса тăрать. Вăл совет çамрăкĕсен пур лайăх енĕсене—Тăван çĕршыва юратнине, Ленин—Сталин парти ĕçне парăннине тата тăшмана курайманнине пĕтĕçтерсе тăрать. Кун пек çамрăксем пирĕн миллионшар шутланаççĕ».

Коля Нефедов кĕнекесем нумай вулать, питĕ нумай цитатăсем астăвать. Хăйĕн сочиненине вăл А. Толстойăн совет патриотизмĕ çинчен калакан сăмахĕсемпе пуçлать.

Е. АФАНАСЬЕВ.

*СОВЕТ СТРОИТЕЛЬСТВИ*

# Актив—ял Совечĕн тĕреке

Канаш районĕнчи ял Совечĕсем хуçалăхпа культура строительстви тĕлĕшпе тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесе тăрăшса ĕçлеççĕ. Ял Совечĕсем хушшинчи социализмла ăмăрту анлăн сарăлса пырать. Çак ăмăртура Асхва ял Совечĕ паха тĕслĕх кăтартать. Вăл социализмла обязательствăсене чыслăн пурнăçлать.

Тырпул тухăçлăхне, çавăн пекех обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстересси, колхозсен обществăлла хуçалăхне вăйлатса çирĕплетесси ял Совечĕн ĕçĕнче тĕп вырăнта тăрать. Çак ответлă задачăна пурнăçлас ĕçре вăл хăйĕн пуçарулăхне кăтартать. Ялти ĕççынни массисемпе, активпа тачăн çыхăнса ĕçлени ял Совечĕн пултарулăхне нумай ÿстерчĕ.

Яланхи комиссисем—ялхуçалăх, культурăпа сутĕç, бюджетпа финанс комиссийĕсем лайăх ĕçлеççĕ. Вĕсем 15 депутата тата 50 активиста пĕрлештерсе тăраççĕ. Нумай депутатсем колхоз производствинчи ответлă участоксене ертсе пыраççĕ: С. Тимофеев—колхоз председателĕ, П. Филиппов — колхозри счетовод, И. Степанов тата В. Иванова—уй-хир бригадин бригадирĕсем, И. Герасимов—выльăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕ, Н. Иванов—мельник, вăлах колхозри партбюро секретарĕ пулса ĕçлеççĕ. Коммунистсемпе комсомолецсем те ял Советне активлă пулăшаççĕ.

Ял Совечĕ çирĕп план тăрăх ĕçлет. Кашни уйăхрах план туса хатĕрлеççĕ, ăна активпа пĕрле пăхса тухса исполком ларăвĕнче çирĕплетеççĕ. Ĕç планне сÿтсе явнă чухне депутатсемпе активистсем паха сĕнÿсем чылай параççĕ.

Ял Совечĕн сессийĕсем кашни уйăхрах пĕр хутран кая мар пулса иртеççĕ. Сесси пуласси çинчен, сÿтсе явма палăртнă ыйтусем çинчен депутатсене темиçе кун малтан пĕлтереççĕ. Кун йĕркинче тăракан ыйтусем тăрăх ĕçсем вырăнта мĕнле пулса пынине тĕрĕслеме депутатсем активлă хутшăнаççĕ, кун хыççăн вĕсем хăйсен сĕнĕвĕсене исполкома параççĕ.

Сессисемпе исполком ларăвĕсенче пăхса тухакан ыйтусене депутатсемпе активистсем активлăн сÿтсе яваççĕ. Вĕсем ĕçри çитменлĕхсене, вĕсен сăлтавĕсене палăртса, çав çитменлĕхсене пĕтерме конкретлă решенисем йышăнма пулăшаççĕ. Кунта çак тĕслĕхе илсе кăтартма пулать. Кăçал ял Совечĕн пĕр сессийĕнче ачасене вĕрентÿпе воспитани парас ĕç мĕнле пыни çинчен сÿтсе яврĕç. Ялти пуçламăш шкулта малтанхи вăхăтра вĕренÿре ĕлкĕрсе пыманнисен йышĕ пысăк пулнă. Ĕçри çитменлĕхсен сăлтавне тĕплĕн пĕлес тесе, сесси пуличчен депутатсемпе активистсем шкул ĕçĕпе паллашрĕç. Унта çакă паллă пулчĕ: шкула çÿрекен тăлăх ачасене пулăшас ĕçе тивĕçлипе йĕркелемен. Хăшпĕр учительсем вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайман ачасемпе уйрăммăн ĕçлемен.

Сесси вĕрентÿпе воспитани ĕçне лайăхлатма конкретлă решени йышăнчĕ. Ун хыççăн шкул ĕçĕ пĕрмай лайăхланса пычĕ, вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайманнисен хисепĕ чылай чакрĕ. Учительсем ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе тачă çыхăну тытма пуçларĕç.

Вырăнти Советсене суйланă вăхăтра суйлавçăсем парса хăварнă наказсемпе сĕнÿсене пурнăçлас тĕлĕшпе те чылай ĕçсем туса ирттернĕ. Шкул çывăхĕнчи çăла юсанă, урамсемпе çырмасене пин тĕпе яхăн йывăç лартнă. Кăçал ял хушшинчи пысăк кĕпере тĕпренех юсама тытăнаççĕ, пĕве пĕвелеççĕ, клуб тăррине витеççĕ.

Ял Совечĕ çак ĕçсене яланхи комиссисем пулăшнипе, актив çине таянса ĕçленипе туса пырать. Нумаях пулмасть ял Совечĕн сессийĕнче финанспа бюджет комиссийĕн докладне итлерĕç. Ял Совечĕ финанс планне пĕрремĕш кварталта тултарайман пулнă. Ку вăл укçа-тенкĕ пухмалли плана тултарас ĕç çине тимсĕр пăхнинчен килнĕ. Сесси çак çитменлĕхе пĕтерме конкретлă решенисем йышăнчĕ, финанспа бюджет комиссийĕ те хăйĕн ĕçне вăйлатрĕ. Депутатсемпе активистсене кашни вунă хуçалăх çумне çирĕплетнĕ. Финанспа бюджет комиссийĕн председателĕ П. Филиппов юлташ ертсе пынипе ĕççыннисем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе вăйлатнă. Ял Совечĕ укçа-тенкĕ пухмалли иккĕмĕш кварталти плана çуррине ытла тултарчĕ ĕнтĕ.

Асхва ял Совечĕнчи «Красное пламя» колхоз организаципе хуçалăх енчен çултан-çул тĕрекленсе пырать. Колхозри обществăлла çуртсемпе колхозниксен килĕсенче радио калаçать.

Колхоз тĕштырăсен тухăçлăхне ÿстересс тĕлĕшпе пысăк обязательствăсем илнĕ. Вăтам шутпа кашни гектартан 16 центнертан кая мар тырă туса илме палăртнă. Халĕ колхозра çак обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ.

«Красное пламя» колхоз обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе государство планне тултарнă. Выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.450 килограмран кая мар сĕт суса илме, кашни сурăхран 3,5 килограмран кая мар çăм илме, кашни чăхран 110 çăмарта илме обязательство йышăннă. Фермăсенче ĕçлекенсем хăйсен обязательствине чыслăн пурнăçласа пыраççĕ. Ял Совет депутачĕ, выльăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕ И. Герасимов юлташ сĕннипе колхоз правленийĕ çуллахи вăхăтра ĕнесене уйрах усрама пулчĕ. Халĕ уйрăм вырăн туса, ĕнесене çавăнтах усраççĕ. Кăçал колхоз Канашри инкубатор станцийĕнчен 2.000 чăх чĕппи илсе килнĕ. Вĕсем халĕ сывă ÿсеççĕ.

Иртнĕ çулта артель выльăх-чĕрлĕхрен 61 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Кăçал çак тупăша тата ытларах ÿстерме палăртнă.

Кăçал колхозра выльăх-чĕрлĕх валли витесем чылай тумалла. Сурăх, кайăк-кĕшĕк тата лаша витисене саман кирпĕчĕрен тума палăртнă. Фермăсене кăçал шыв кĕртме тытăнаççĕ.

Иртнĕ çулта пахча çимĕçрен 31 пин тенкĕ тупăш илнĕ пулсан, кăçал 48 пин тенкĕ илме палăртнă. Парниксенче помидор, купăста, арбуз калчисем парка çитĕнеççĕ. Артель ир пулакан сухан ÿстерсе сутрĕ. Депутатсемпе активистсем пахча çимĕç туса илес ĕçре чылай пулăшу параççĕ. Вĕсем унти çитменлĕхсене вăхăтра курса, ял Советне е колхоз правленине пĕлтереççĕ. Нумаях пулмасть клуб заведующийĕ П. Яковлев юлташ пахча çимĕç бригадинче ĕçлекенсемпе калаçу ирттернĕ чухне унта тĕрлĕрен инвентарь çитменни çинчен пĕлнĕ. Кун çинчен вăл колхоз правленине вăхăтра пĕлтернĕ, ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме пулăшнă.

Колхозăн 9 гектар çинче сад пур. Унта 900 тĕп ытла улмуççи çитĕнет. Кăçал вĕсем çимĕç пама тытăнаççĕ.

Ял варринчи пысăк пĕвере колхоз пулă ĕрчетет. Унта 12 килограмм таран таякан карп пулăсем пур.

Ял Совечĕ культурăлла-массăлла ĕçе те тивĕçлипе ертсе пырать. Кăçал клуб ĕçĕ çинчен сессире тата исполком ларăвĕнче сÿтсе явнă. Клуб çирĕп план тăрăх ĕçлет. Кашни-уйăхрах плана ял Совет исполкомĕн ларăвĕнче пăхса тухса çирĕплетеççĕ. Кунта ĕççыннисене лекцисемпе докладсем туса парасси йăлана кĕнĕ. Кăçал «Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план», «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» тата ытти темăсем тăрăх та лекцисемпе докладсем ирттернĕ. Лекторсен ушкăнĕнче — ял Совет депутачĕсем, колхоз производствинче малта пыракансем, учительсем, медицина работникĕсем, агрономсем. Вĕсем клуб Совечĕпе яланах тачă çыхăну тытса ĕçлеççĕ. Ялти клуб çумĕнче драма, хор, физкультурăпа спорт кружокĕсем ĕçлеççĕ.

Ял Совечĕ халăх сывлăхне сыхлас, трахома чирне пĕтерес тĕлĕшпе те чылай ĕçсем туса ирттерет.

Калас пулать, ял Совечĕн паха ĕçĕсемпе пĕрлех çитменлĕхсем те пур-ха. Чылай чухне сессире, исполком ларăвĕсенче йышăннă решенисене пурнăçламаннисем те пулаççĕ. Ял Совечĕ пур депутатсене те ĕçе явăçтарман. «Красное пламя» колхоз пыл хурчĕ ĕрчетес тĕлĕшпе кая юлса пырать.

Ялта фельдшер пункчĕ хăйĕн ĕçне кирлĕ пек туса пымасть. Ĕççыннисем хушшинче медицина ыйтăвĕсем тăрăх лекцисемпе докладсем сахал ирттереççĕ.

И. КУЗЬМИН.

*Критикăпа библиографи*

# Çамрăк поэтăн пĕрремĕш кĕнеки

Чăваш АССР государство издательстви Георгий Ефимовăн сăввисене уйрăм кĕнекепе пичетлесе кăларчĕ.*)

Г. Ефимов юлашки çулсенче палăрнă поэтсенчен пĕри. Кăçал вăл Мускавра А. М. Горький ячĕпе тăракан литература институтĕнчен вĕренсе тухать. Хăйĕн пĕрремĕш кĕнекине вăл çав институтра вĕреннĕ вăхăтра çырнă сăввисене кĕртнĕ.

Кĕнекен пĕрремĕш пайне «Хĕрлĕ Площадь» тесе ят панă. Кунта тăван Мускавпа унăн чаплă Хĕрлĕ Площачĕ çинчен, совет халăхĕн аслă çулпуçĕсем—Ленинпа Сталин çинчен çырнă сăвăсем кĕнĕ. Совет халăхĕ коммунизм тăвас ĕçре кунсерен тăвакан çĕнтерÿсем çамрăк сăвăç творчествине хавхалантараççĕ. Мир теми çак сăвăсен тĕп шухăшĕ пулса тăрать.

«Мир декречĕ» сăвăра поэт Совет правительстви йышăннă чи малтанхи закон—Мир декречĕ çинчен çырать.

Çав Мир декречĕ ĕмĕр-ĕмĕр çирĕп,
Унта ал пуснă Ленин чи малтан.
Çавна пула çĕршыв телейлĕ, ирĕк,—
Нихçан шикленмĕ вăрă хурахран.

Паянхи Мускав пурнăçне, унăн илемне автор «Мускав урамĕнче», «Комсомольская станцире», «Гимн кĕввине илтсессĕн» сăвăсенче сăнласа кăтартнă.

Кĕнекен пĕрремĕш пайĕ «Малтанхи кун» ятлă сăвăпа вĕçленет. «Пире кĕтсе ас ывăнтăн та пулĕ, ăс-хакăл çуртĕ — институтăм»,—тет поэт çĕнĕ вĕренÿ çулĕ пуçланнă май çырнă çак сăвăра. Кĕнекен иккĕмĕш пайĕнче вара—ăна автор «Туслăх» тесе ят панă—çав ăс-хакăл çуртĕнче вĕренекен студентсемпе унти вĕрентекенсен пурнăçне кăтартса панă. Пархатарлă ăшă туйăмпа тав тăвать «Профессор» сăвăри лирикăлла герой — студент хăйĕн «юр пекех шап-шурă» çÿллĕ вĕрентекенне. Вĕренÿре ăна тăван ялĕн çыннисем тунă ĕçри çитĕнÿсем, тăван уй-хирте кашласа ÿсекен тырпулсем хавхалантараççĕ («Аса килет...» сăвă). Хăйĕн тăван пиччĕшĕ пек туять «Туслăх» сăвă геройĕ — Атăл хĕрринче çуралса ÿснĕ чăваш студенчĕ хĕвеллĕ Грузирен Мускава вĕренме пынă çамрăка:

Ялан пĕрле çÿретпĕр унпала,
Вĕреннĕ чух та иксĕмĕр пĕрле.
Пире курсан чăнах савăнмалла:
Пĕр аннерен çуралнă темелле.
Эпир туссем!
Уйăрас çук пире!
Эпир пурнатпăр йышлă çемьере.

«Студент сăмахĕ» ятлă сăвва та автор витĕмлĕ сăмахсемпе çырнă. Çĕнĕ вăрçă пуçласа ярасшăн çунакан империалистсем ашкăннине поэт чунтан тарăхса сивлет. Унăн «питĕ лăпкăн калаçас килет», анчах халĕ, «Корейăра пăшал сасси» кĕрленĕ вăхăтра, совет çыннисен чĕрисем лăпкăн тапма пултараймаççĕ. Вĕсен шухăш-кăмăлне палăртса, автор: «Мир пулĕ тĕнчере!.. Тăп-тăрă та хĕвеллĕ тÿпере хура çăхан вĕçеймĕ ĕмĕрне те», — тесе шантарать.

Кĕнекен чи пысăк пайĕ «Тăван ялта» ятлă. Кунта паянхи колхозлă ялăн сăнсăпатне уççăн сăнласа кăтартнă. Çамрăк поэт кунсерен улшăнакан пурнăçа, йăлана кĕрсе пыракан çĕнĕ япаласене çивĕч куçпа курма пĕлет. Акă «хула урамĕ евĕр ял урамĕ»: пĕр пек çĕнĕ çуртсем, урам тăрăх тротуар, «хыр юпасем йĕркепеле лараççĕ — пăралуксем янраççĕ хĕлĕхле». Кермен пек клуб умĕнче «тăван çулпуçăн статуйи тăрать». Пÿртсенче «çунаççĕ Ленин çутнă çутăсем». Кухньăра

Крана уçса ярать те арăм,
Вара таса та уçă шыв
Шăнкăртатса юхать пĕр ярăм.

«Колхозри радио», «Колхозри парикмахерскинче» сăвăсенче çĕнелсе — пуянланса пыракан чăваш ялĕн çыннисене, вĕсен культури ÿснине кăтартса панă. Ĕлĕк ялĕпе те çыру çыракан, кĕнекежурнал вулакан çын пулман пулсан, халĕ кунта колхоз хаçачĕ тухса тăрать.

Ку хаçатра курма пултарăн
Ĕçри маттур çынсен ятне.
Вĕсен халь ĕмĕт-шухăш тарăн,
Мала чĕнеççĕ пĕр-пĕрне.
Кăштах хыçа юлас пулсассăн,
Хаçат ятлать те ăс парать.
Е хăшпĕри кăшт йăнăшсассăн,
Ĕçпе чăна тухма хушать.

Кĕнекере юрату сăввисем сахал мар, вĕсенче те пирĕн умма колхозлă ялăн ĕçре пултаруллă, культура енĕпе малта пыракан çынни тухса тăрать. «Тăван колхоз уй-хирĕнчен килсессĕн, пырса ларатăн эс рояль умне», тет автор хăйĕн пĕр сăввинче. Çапла темле ăнсăртран çеç каласа хунă пек сăмахсемпех автор çĕнĕ пурнăçа палăртса хăварать. Уйрăмах «Сана мĕнпе, мĕнпе эп танлаштарăп», «Касĕ лăпкă килчĕ», «И, улми, сад улми», «Çуркунне, ем-ешĕл курăк», «Юриех-ши шăпчăк», «Ман чунра чи ăшă, ырă туйăм», «Хĕрупраççем, тархасшăн ан кÿренĕр», «Манпала каллех пулмарăн эсĕ» сăвăсене пысăк туйăмпа çырнă. Вĕсенче ялти çамрăксен шухăш-кăмăлне, вĕсен пурнăçне, юратуне ăшшăн та чуна хумхантармалла сăнласа панă.

«Пĕрремĕш квитанци» тата «Бакенщик» сăвăсенче совет çыннисем хăйсен ĕçне Тăван çĕршыв умĕнчи ответлăха туйса тунине, тунă ĕçшĕн савăнса мăнаçланнине уçăмлă кăтартса панă. Государствăна пуринчен малтан тырă пама пынă колхозниксем: «Эпир пĕрремĕш!» — тесе мухтанаççĕ. Тăван колхозĕ малта пулни çеç те мар,—ытти колхозсем те унран юлмасăр государство умĕнчи пĕрремĕш тивĕçе пурнăçлама тăрăшни савăнтарать вĕсене:

Тусан çĕкленчĕ аслă çул çинче,
Тулли лавсем килеççĕ пире хирĕç.
Чи ырă туйăм пирĕн чунсенче;
Хĕрÿллĕ те хастарлă кунсем çитрĕç.

Кашни сăвăрах автор çĕнĕ енсем тупма пĕлет, ÿкерсе кăтартма тăрăшать. Ку вăл—унăн творчествин паха енĕ. Ырă туйăм, ăшă кăмăл çуратать чĕрере Георгий Ефимовăн пĕрремĕш кĕнеки. Çамрăк поэтăн пултарулăхĕ ÿссех пынине çак кĕнекене кĕртнĕ сăвăсем уççăн кăтартса параççĕ. Чăваш литературине тата тепĕр шанчăк паракан ят хутшăнчĕ.

Кĕнекери ÿкерчĕксене П. Сизов тунă. Вĕсем сăвăсен тĕп шухăшне уçăмлăрах тăваççĕ, илемлетеççĕ.

Кĕнекери хăшпĕр çитменлĕхсем çинчен те калаcа хăвармалла.

Г. Ефимовăн сăввисенче чăвашлах мар каланă сăмах çаврăнăшĕсем те тĕл пулкалаççĕ-ха. «Эфир çинче янрарĕ сасă» тет автор 13-мĕш страницăра. Паллах, «эфирта» темелле, эфирăн çийĕ те, айĕ те çук. «Паян эсир юханшыва курасчĕ!» (43 стр.) тесе те каламаççĕ чăвашсем, кунта «сирĕн» темелле пулнă. «Ларатпăр туй кĕрекийĕ хушшинче» (59 стр.) — «Туй кĕрекинче», «кĕрекере» кирлĕ. Рояль каласа ларакан хĕртен автор: «Ăçтан çапла эс вылямa вĕреннĕ?» (65 стр.) тесе ыйтать. Рояль пукане е пĕр-пĕр тетте мар, унпа вылямаççĕ. Кĕнекере часчасах «юлташăм ман», «тусăм ман» тесе чĕнсе каланисем тĕл пулаççĕ. Икĕ çĕрте те кунта «ман» сăмах ытлашши, унсăрах та камăн тусĕ е юлташĕ пулни паллă. Хăшпĕр тĕлте тата хисеп енĕпе килĕшсе тăман сăмахсем тĕл пулаççĕ. Сăмахран:

Паян хирте тăваттăмĕш бригада
Ăмăртура — тет, — тухнă чи мала.
Ыран вĕсем ĕçлесшĕн ытларах та...
(«Колхозри радио»).

Бригада — пĕрреллĕ хисепре, вĕсем темшĕн вара нумайлă хисепре. Е тата çав сăвăрах: «Тăван ял-йыш, эсир епле телейлĕ!»—тени те тĕл пулать. «Ĕç савăнать, ĕç туслă саппалан»,—тет автор тепĕр сăввинче (55 стр.). Ĕç çын мар вĕт, вăл епле савăнтăр-ха?

Паллах ĕнтĕ, ку çитменлĕхсене кĕнекене редакциленĕ чух сăмăллăнах пĕтерме май пулнă.

Ник. ЕВСТАФЬЕВ.

*) Георгий Ефимов — «Ăшă кăмăл». Чăвашгосиздат, 1953 ç. Редакторĕ А. Алга. Тираж 2.000 экз., 80 стр.

*Юлашки почтăран*

# Хăшне ĕненмелле?

Шăхасан районĕнчи «Вăйлă тырпулшăн» хаçатăн 41-мĕш номерĕнче «Хисеп хăми» пур.

«Райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕ тăратнă тăрăх кăçалхи çурхи тырăсем, выльăх апачĕ тумалли культурăсемпе техникăлла культурăсем акмалли тата пахча çимĕçпе çĕрулми лартмалли плана ăнăçлă пурнăçланă çак колхозсене районти Хисеп хăми çине кĕртнĕ» тенĕ хаçатра. Унта кĕртнĕ тăвата колхоз шутĕнче Максим Горький ячĕпе тата Маленков ячĕпе тăракан колхозсем пур.

Хисеп хăми айĕнче районти колхозсенче çĕрулми лартас тата кантăр акас ĕçсем майăн 20-мĕшĕ тĕлне мĕнле пынине (процентпа) кăтартакан сводка пур. Горький ячĕпе тăракан колхозăн ячĕ тĕлĕнче çав ĕçсем тăрăх икĕ тире курăнса тăрать. Маленков ячĕпе тăракан колхозта, сводка кăтартнă тăрăх, çĕрулми лартмалли плана 0,8 процент, кантăр акмалли плана 75 процент çеç тултарнă.

Хисеп хăминче, ытти культурăсемпе пĕрлех, «техникăлла культурăсем акмалли тата çĕрулми лартмалли плана ăнăçлă пурнăçланă колхозсене» кĕртни çинчен каланă. Асăннă колхозсем вара çав ĕçсене ăнăçлă тăвайман-ха.

Вулаканăн хăшне ĕненмелле-ши: Хисеп хăмине-и е сводкăна?

# Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Чкаловски районĕнчи Чкалов ячĕпе тăракан колхозра стена хаçачĕсем йĕркеллĕ тухса тăманни, колхоз правленийĕ тата колхозри пуçламăш парторганизаци стена хаçатĕнчи критикăлла заметкăсен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешменни çинчен çыру килнĕччĕ. Редакци çырăва КПСС Чкаловски райкомне янăччĕ.

КПСС Чкаловски райкомĕ çырури фактсем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. Стена хаçачĕн çĕнĕ редколлегине суйланă. Редколлеги стена хаçачĕ кăларас ĕçе лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

Парти райкомĕ колхозри пуçламăш парторганизаци секретарьне Л. Д. Остряков юлташа стена хаçачĕн редколлеги ĕçĕпе куллен интересленме, ăна лайăх ертсе пыма, хаçатри критикăлла заметкăсене парторганизаци пухăвĕнче е колхоз правлени ларăвĕнче сÿтсе явмалла тума хушнă.

*Вулакансен ыйтăвĕсем çине ответлетпĕр*

# ИРАНРИ НЕФТЬШĔН ПЫРАКАН КĔРЕШӲ

**Çĕрпӳ хулинче пурăнакан П. Данилов юлташ панă ыйту çине ответлетпĕр.**

1952 çулхи октябрĕн 22-мĕшĕнче Англипе Иран хушшинчи дипломатилле çыхăнăва официальнăй йĕркепе пĕтерсе хурчĕ. Çакна Иран правительстви Трумэнпа Черчилль «Англипе Иран нефть компанийĕн ыйтăвне йĕркелесси» çинчен август уйăхĕн вĕçĕнче панă сĕнӳсене пур енчен те тĕплĕн сӳтсе явнă хыççăн тунă.

Тегеранра тухса тăракан «Таразкие Иран» хаçат Англипе Америка сĕнĕвĕсене илнĕ хыççăн часах правительство шухăшкăмăлне кăтартса пачĕ. Çав шухăш-кăмăлпа халăх та килĕшрĕ. Хаçат çапла çырчĕ:

— Иран халăхĕ империалистсен пусмăрĕнче çĕр аллă çул хушши асапланать, империалистсем унăн пуянлăхне çаратаççĕ, Иран халăхне нимсĕр тăратса хăвараççĕ. Халĕ Иран халăхĕ ыйхăран вăранчĕ, акăлчансем тата Тăван çĕршыва сутакан çынсем Иран халăхĕшĕн усал ĕç тунине ăнланса илчĕ, хăйĕн прависемшĕн кĕрешме тытăнчĕ.

Англи Иран государствин шалти ĕçне хутшăннишĕн халăх çав тери тарăхса çитнĕ. Англипе Иран нефть компанийĕ тата унăн пĕтĕм Иран çĕршывĕпе саралнă агенчĕсем урлă Англи правительстви яланах, хăй Иранра хуçаланса тăнă вăхăтранпах, Иранăн тулашрипе шалти политикине хăйне кирлĕ пек туса пыма хистенĕ, çĕршывăн финансне тата экономикине тĕрĕслесе тăнă, правительство органĕсене разведчиксемпе шпионсем янă, правительствăна улăштарма каварлă ĕçсем тунă. 1952 çулхи октябрĕн 13-мĕшĕнче Иранăн ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Хосейн Фатеми официальнăй йĕркепе çапла пĕлтернĕ: Англи посольстви Иран правительствине хирĕç ĕçлекенсен ушкăнне тунă, ку ушкăна Иран çарĕн генеральнăй штабĕн начальникĕ Абдол Хосейн Хеджази те хутшăннă.

* * *

Иранри нефтьшĕн пыракан кĕрешӳ Англипе Америка хушшинче Çывăх тата Вăтам Хĕвелтухăçне тытса илессишĕн, чĕр таварăн пуян вырăнĕсене тата тавар сутмалли пысăк рыноксене, чи малтанах нефть ресурсĕсене тытса тăрассишĕн пыракан кĕрешӳпе таччăн çыхăнса тăрать. Нефть пĕлтерĕшĕ хальхи вăхăтра çав тери пысăк. Тĕнчери пур çĕршывсенчи халăх хуçалăхĕнче те, çавăн пекех çарта та моторсемпе, двигательсемпе анлăн усă кураççĕ. Вĕсем валли нефть, бензин, лигроин, нигрол, сĕрмелли çусем нумай кирлĕ.

Партин XIV-мĕш съездĕнче, тĕнчери лару-тăру çинчен каласа, Сталин юлташ çапла кăтартса панă: Англипе Америка хушшинчи кĕрешӳ вăйсăрланмасть, йăлтах урăхла, вăйлансах пырать, тĕнчери çĕршывсен тĕп ыйтăвĕсенчен пĕри вăл халĕ нефть ыйтăвĕ пулса тăрать.

Капитализмла çĕршывсен нефтьшĕн пыракан кĕрешĕвĕ халĕ нефть кăларас тĕлĕшпе ĕçлекен икĕ питĕ пысăк компани—Америкăри «Стандарт ойл оф Нью-Джерси» трестпа Англири «Роял Деч-Шелл» трест хушшинче хĕрсе пырать. Вĕсем капитализмла çĕршывсенчи нефть кăлармалли вырăнсене 95 процент чухлĕ тĕрĕслесе тăраççĕ. Нефть кăларас тĕлĕшпе ĕçлекен çак икĕ компани хушшинчи хирĕçӳ вăл—Англипе Америка хушшинчи империализмла хирĕçӳ пулса тăрать. Çак хирĕçӳре Азин хĕвелтухăç пайĕнчи çĕршывсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Иран çĕршывĕнче вара, капитализмла çĕршывсем хушшинче нефть кăларас тĕлĕшпе Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Венецуэла хыççăн виççĕмĕш вырăнта тăракан çĕршывра, çак кĕрешӳ уйрăммăнах вăйлă. Унăн историйĕ, кĕскен каласан, çакăн пек.

1909 çулта Англи хăйĕн флотне нефтьпе ĕçлеттерме тытăннă, çак вăхăтра вăл Германие хирĕç вăрçма вăйлă хатĕрленнĕ. Британи империйĕ вара Иран нефтьне уççăнах туртса илме тытăннă, çак тĕлĕшпе вăл Англипе Иранăн нефть компанине тунă. 1914 çулта, вăрçă пуçланас умĕнхи кунсенче, Черчилль панă сĕнӳ тăрăх, Англи правительстви тĕрлĕ çынсенчен васкасах Англипе Иран компанийĕн акцийĕсене 52,5 процент сутăн илнĕ, çапла туса вăл Англипе Иран нефть компанине хăй аллине çавăрса илнĕ.

Англипе Иран нефть компанийĕ пуçланса кайнăранпа Иран çĕршывĕнчен 300 миллион тонна нефть илнĕ, Иранри рабочи класăн тарĕпе юнне сăрăхтарса 5 миллиард доллар тупăш курнă. Çав вăхăтрах Иран правительстви хăйĕн нефтьнех акăлчансенчен виçĕ хут хаклăрах хакпа сутăн илсе тăнă, нефть туянма вăл хăйĕн бюджетĕнчи тупăшсен пайне 17 процент расходланă.

* * *

Тупăш ытларах илес майпа Англи концессионерĕсем Иран рабочийĕсене çав тери хытă эксплуатацилене. Нефть компанийĕн завочĕсемпе промыслĕсенче рабочисем 12 сехетрен пуçласа 16 сехет таранччен ĕçлеççĕ. Каторгăри пек çак йывăр ĕçшĕн рабочисене мĕн пурĕ те 20—30 риал анчах тӳленĕ, çак укçапа çăкăр пĕр килограмм кăна илме пулать. Англипе Иран нефть компанийĕнче ĕçлекен рабочисен йывăр пурнăçĕ çинчен çырса, «Ахен» ятлă хаçат акăлчансен 1.300 служащийĕ Иранти 70 пин рабочирен ытларах ĕç укçи илнине кăтартса панă.

Англи империалисчĕсем рабочи класа хытă эксплуатациленине тата çĕршыва çаратнине хирĕç Иран халăхĕ темиçе хутчен те кĕрешĕве çĕкленнĕ. Октябрьти Социализмла Аслă революци хыççăн, 1918 çулта, Иранти ĕççыннисем хăйсен çĕршывне Англи пусмăрĕнчен хăтарасшăн пулнă. Анчах акăлчансем тĕрлĕ майсемпе хăтланса тата Иран правительствин хăш-пĕр членĕсене сутăн илсе, правительствăра тĕрлĕ переворотсем туса, Иран çĕршывĕнчи пăлхавсене путарса лартма ĕлкĕрнĕ. 1933 çулта Англи Персидски залива вăрçă карапĕсем илсе пынă, карапсем çинчи тупă кĕпçисене Иран çинелле çавăрса лартса, Иран шахне концессие 60 çуллăха, 1993 çулччен тăсасси çинчен тунă договор çине алă пустарнă. Иран халăхĕ ирĕксĕрлесе тутарнă çак договора нихçан та тивĕçлĕ ĕç тесе шутламан.

1951 çулхи март уйăхĕнче Иран правительстви Англипе Иран нефть компанине пĕтерсе лартнă, вăл çĕршыври пĕтĕм нефть промышленноçне национализацилемелли çинчен закон кăларнă, нефть промышленноçне правительство аллине панă. Çакăн хыççăн Иранри нефть промышленноçĕ правительство бюджетне укçа ытларах парса тăма пуçланă, çакă вăл çĕршыв экономикине вăйлатас, ăна ют çĕршывсене пăхăнса тăрассинчен хăтарас ĕçре тĕп вырăн йышăннă. Иран правительстви тунă çак хăюллă утăм империалистсемшĕн пачах усăллă мар.

* * *

Хальхи вăхăтра Ирана Англипе Америка иккĕшĕ пĕрле хĕсеççĕ. Мĕншĕн тесен Иран нефчĕ Америкăна Англирен сахалах мар, йăлтах урăхла, ытларах та интереслентерет. Иккĕмĕш тĕнче вăрçи хыççăн часах Америкăн «Стандарт ойл оф Джерси» тата «Сокони вакуум» ятлă нефть монополийĕсем Англин нефть промышленникĕсемпе килĕшӳ тăваççĕ, вĕсем Иранра кăларнă мĕнпур нефтьрен 20 процентне сутăн илме право илеççĕ, Персидски заливран Вăтаçĕр тинĕсне нефтепровод тăвас тата унпа усă курас ĕçе хутшăнаççĕ. Вĕсемех Вăтаçĕр тинĕсĕнче нефть турттарма чылай пысăк флот тăваççĕ, çавăн пекех Саудовски Аравире, Иранра, Йомента, Кувейтра кăларакан нефте хăйсен аллине ярса илеççĕ. 1948 çул тĕлне Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи (Египетсăр пуçне) пĕтĕм нефть концессийĕсен çĕр лаптăкĕн 40 проценчĕ Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен аллинче пулнă, Англине 30 процент кăна тивнĕ.

Иран нефчĕпе усă курассишĕн Америкăпа Англи хушшинче пыракан кĕрешӳ вăл—экономикăлла кĕрешӳ кăна мар, вăл политикăлла тата стратегилле кĕрешӳ те пулса тăрать. Америка агрессорĕсене Иранти нефть тупăш илме кăна мар, Европăри, Азири, Африкăри материксем çинчи авиабазăсене йӳнĕ хакпа бензин парса тăма та çав тери кирлĕ.

Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Англи хушшинче Иран нефчĕшĕн кĕрешӳ малалла пырать. Иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче США-н государство секретарĕ Ачесон тата Англин ют çĕршыв министрĕ Иден хушшинче калаçу пулса иртнĕ. Иран нефтьне США аллине çавăрса илес тесе, Ачесон акă мĕнле сĕнӳ панă: пĕррeмĕшĕнчен, Англипе Иран нефть компанийĕ пĕтĕм тĕнчери пĕр-пĕр организаци е, май килсен, пĕтĕм тĕнчери банк урлă хăйĕн пăрахăçа тухнă активĕсемшĕн компенсаци илет, çав сухатусем пурĕ 1 миллиард доллар чухлĕ шутланаççĕ; иккĕмĕшĕнчен, Англин корпораци (пĕрлешӳ) тума килĕшмелле, ку пĕрлешĕве Америкăн нефть компанийĕсем, Англипе Иран нефть компанийĕ тата Индин нацилле нефть управленийĕ кĕмелле. Америкăпа Англи монополийĕсенчен тăракан çак пĕрлешĕвĕн хăйĕн аллинче Иранăн нефть промышленноçне тытса тăмалла тата Иран нефтьне сутса тăмалла иккен.

Ачесонăн çак проекчĕ Америка монополийĕсене Иран нефтьне хăйсен аллине тытса илме пулăшнине ăнланса илме йывăр мар ĕнтĕ.

Парижран Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Англипе Иран хушшинче нефть пирки тăракан хирĕçӳсене «йĕркелес» тĕлĕшпе Ачесонпа Иден иртернĕ калаçу ăнăçлă пулман. Иден Англипе Иран хушшинчи хирĕçӳсене Ачесон сĕннĕ пек йĕркелеме килĕшмен. Анчах çак ыйтăва сӳтсе явасси дипломати енĕпе малалла пулса пырать.

Çаксем вĕсем Иран нефчĕшĕн кĕрешес ĕçре Англипе Америка хушшинчи хирĕçӳсем вăйланса пыни çинчен калаççĕ. Англи хăйĕн малтанхи позицийĕсене Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсене парасшăн мар. Çав вăхăтрах Пĕрлешӳллĕ Штатсем Англие дипломати енĕпе хĕсме ĕмĕтленеççĕ.

Эйзенхауэрăн çĕнĕ администрацийĕ,—унта шултра компанисен представителĕсем те нумай,—Иран нефтьне Англипе пĕрле туртса илесшĕн, Англи килĕшмесен вара—унсăрах Иран нефтьне хăй аллине тытса илесшĕн.

Анчах Англи монополийĕсемпе килĕшӳ тума хăтланакан Америка империалисчĕсем çакна шута илмеççĕ: Иран халăхĕ хăйĕн нефтьне ют хуçасем тытса тăнине килĕшесшĕн мар. Иран халăхĕн политикăлла активлăхĕпе нацилле ăнланулăхĕ малалла ӳсе пырать. Халăх хĕснипе Англипе Иран нефть компанийĕн пурлăхне национализациленĕ ĕнтĕ. США ставленникĕ Кавам-эс-Салтанĕ ертсе пынă Иранри реакцие халăх 1952 çулхи июль уйăхĕнче йывăр поражени тӳстерчĕ. Иран халăхĕ шах режимне хирĕç вăйлăнах пырса çапрĕ, вăл республикăшăн тăрать. Иранри ĕççыннисем Моссадыкăн çултавлă политикине тимлĕн сăнаса тăраççĕ. Вăл Америкăри империалистсен ыйтăвне тивĕçтерме тăрăшать, çав вăхăтрах хăйне халăх умĕнче Иран никама пăхăнманлăхĕшĕн тăнă пек кăтартасшăн.

Иранри нефть промыслисенчи рабочисем ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерчĕç. Çапла, сăмахран, 1951 çулта кашни талăкра 600 тонна нефть кăларнă пулсан, çак цифра 1952 çулта 3.000 тонна çитнĕ.

Иран халăхĕ хăйĕн никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешет. Ку кĕрешӳре вăл пĕччен мар, ăна пĕтĕм тĕнчери тӳрĕ кăмăллă çынсем хисеплеççĕ.

А. ГАРИН.

# Корейăри ĕçсем

## ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ майăн 25-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем центральнăй фронтри икĕ участокра тăшмана хирĕç çапăçнă.

Ĕнер çĕрле Америкăн «В-29» йышши бомбардировщикĕсем Кăктăр Пхенан провинцийĕнчи Сончон уездĕнчи ялсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă.

Зенитнăй чаçсем паян тăшманăн 4 самолетне персе ӳкернĕ, 7 самолетне сиенленĕ.

## Корейăра перемири çинчен пыракан калаçусем

### Корейăпа Китай делегацийĕ пĕлтерни

ПЕКИН, майăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, паян Корейăпа Китай делегацийĕ çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Майăн 25-мĕшĕнче ирхине 11 сехетре, тепĕр енĕ ыйтнипе 8 кун хушши ларусем пулман хыççăн, икĕ енĕн делегацийĕсен ларăвĕ тепĕр хут пуçланнă.

Паянхи ларура тепĕр енĕн представителĕ чи малтан çакна палăртнă: икĕ енĕ тăратнă тивĕçлĕ сĕнӳсене тата темиçе хутчен те пĕлтернисене тĕплĕн вĕренсе тухнă хыççăн тепĕр енĕ çĕнĕ сĕнӳ тăратма хатĕр. Тепĕр енĕ çапла сĕннĕ: икĕ делегацин те икĕ енĕн ыйтăвĕсене ирĕклĕн сӳтсе явма халех административлă канашлу иртterме тытăнмалла.

Корейăпа Китай делегацийĕн пуçлăхĕ генерал Нам Ир çапла кăтартса панă: Америка делегацийĕ хупă, административлă канашлусем иртерни калаçусене ăнăçлă иртерме пулăшать тесе шутлать пулсан, Корейăпа Китай делегацийĕ делегацисен ларăвĕ валли çакнашкал формăна йышăнма хатĕр. Анчах та Корейăпа Китай делегацийĕ çапла пĕлтерсе хурасшăн: икĕ делегацирен пĕри административлă канашлăва чарса лартма кирлĕ тесе шутлать пулсан, делегацисен ларăвĕсене çийĕнчех усă канашлу формипе иртерме тытăнмалла.

Çакăн хыççăн икĕ енĕ административлă канашлăва пухăннă. Кайран, канашлу вĕçĕнче, Америка делегацийĕ сĕннипе, канашлу ĕçне тата тепĕр ултă куна кая хăварма йышăннă. Канашлу июнĕн 1-мĕшĕнче ирхине 11 сехетре пухăнмалла.

## Пĕтĕм тĕнчери çамрăксемпе студентсен фестивалĕ умĕн

ВЕНА, майăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн 23-мĕшĕнче Австрири 18 пысăк хулара Пĕтĕм тĕнчери çамрăксемпе студентсен фестивальне хатĕрленнĕ ятпа Австрири çамрăксен слечĕсем уçăлнă. Çак слетсем пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, çĕршыва фашизацилессине хирĕç, миршĕн кĕрешес палăлпа иртеççĕ.

Слетсем уçăлнă ятпа демонстрацисем, митингсем пулса иртнĕ, хула урамĕсем тăрăх факелсемпе çӳренĕ. Митингсемпе демонстрацисене вуншар пин çамрăк хутшăннă.

Майăн 23-мĕшĕнче çĕрле Зальцбург хулинче çамрăксем, Америкăн оккупаци влаçĕсемпе Австри полицийĕ чарнине пăхмасăр, çуртсен стенисемпе хӳмесем çине: «Миршĕн, халăхсем хушшинчи туслăхшăн», «Ĕç повинноçĕ вырăнне—пурин валли те ĕç тата çăкăр», тесе татă ытти лозунгсем çĕршер çырса тухнă. Хулара Австри çамрăкĕсене лайăх пурнăçшăн, миршĕн кĕрешме чĕнсе çырнă пиншер листовка салатнă.

Слетсем уçăлнă ятпа пулса иртнĕ митингсемпе пухусенче Австрири Коммунистсен партийĕн руководителĕсем Фюрнберг, Фишер, Хоннер, Альтман тата ыттисем те тухса каланă.

Майăн 24-мĕшĕнче слетсем пулса иртекен 18 хулара пуринче те массăллă спорт вăййисем пулнă. Çак вăйăсене Австрири пиншер çамрăк хутшăннă. Слетсенче çавăн пекех тата художествăллă коллективсем: хорсем, оркестрсем, ташă тата драма ушкăнĕсем хăйсен пултарулăхне кăтартаççĕ. Çак смотрта мала тухакансем Бухарест хулинче пулса иртекен Пĕтĕм тĕнчери çамрăксемпе студентсен фестивальне каякан Австри çамрăкĕсен делегацине кĕреççĕ.

## Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Швеци комитечĕ пĕлтерни

СТОКГОЛЬМ, майăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Швеци комитечĕ пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Швеци комитечĕ Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн нумаях пулмасть Стокгольмра пулса иртнĕ Бюро пĕлтерĕвне ырлать.

Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен комитет, тенĕ çак пĕлтерӳре, тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас тĕлĕшпе юлашки вăхăтра туса иртернĕ ĕçсене саламлать. Швецири халăхăн анлă сийĕсем аслă державăсем хушшинче калаçусем иртерме требовани лартнине ырлаççĕ.

## ИНДО-КИТАЙРИ КОЛОНИЛЛЕ ВĂРÇА ХИРĔÇ

ПАРИЖ, майăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Францире тĕнчери ыйтусене мирлĕн татса парасшăн, хальхи вăрçăсене чарса лартассишĕн ĕççыннисен кĕрешĕвĕ вăйланса пырать.

«Юманите» хаçат çапла пĕлтерет: Марсель хулинче политика тĕлĕшпе тĕрлĕ шухăшлакан 45 паллă деятель Вьетнамри колонилле вăрçа чарса лартассишĕн кĕрешме комитет туса хунă. Çак деятельсем хушшинче коммунистсем, социалистсем, священниксем, депутат пулнă çынсем пур. Вĕсем халăха чĕнсе каланă. Унта çапла каланă: «Кашни француз, вăл мĕнле социальнăй сийрен тухнине, политикăпа тĕн тĕлĕшĕнчен мĕнле шухăш тытнине пăхмасăр, çакна лайăх пĕлсе тăрать: çак вăрçă вăл Франци интересĕсене, чысне хирĕç пырать, пĕтĕм тĕнчере васкаса хĕçпăшал туса хатĕрлессине вăйлатма сăлтав туса хурать, тĕнчере хирĕçӳсем кăлармалла тăвать. Кашни француз çакна лайăх ăнланать: Индо-Китайра мир туса хуни французсем çине тиенекен йывăрлăха çăмăллатнă пулĕччĕ, çамрăк призывниксене, салтаксене, вĕсен çемйисене лăплантарнă пулĕччĕ, пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне чылай пулăшнă пулĕччĕ. Пирĕн çĕршыври правительствăн Индо-Китайри вăрçа чарса лартмалли пĕртен-пĕр вырăнлă майпа усă курмалла: кама хирĕç вăрçă вăрçатпăр, çавсемпе калаçу пуçарса ямалла. Французсен пысăкрах пайĕ çавăншăн тăрать».

## Франци колонизаторĕсен сучĕ иртĕхет

ПАРИЖ, майăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Парижра тухса тăракан хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Францин Тунисри çар трибуналĕ 57 тунис гражданĕн «ĕçĕ» пирки приговор йышăннă. Вĕсене 1952 çулхи январь уйăхĕнче тинĕс хĕрринчи пĕр ялта полици посчĕ çине тапăнса 3 полицейские вĕлернĕ тесе айăпланă.

8 çынна персе вĕлермелле, 5 çынна ĕмĕрлĕхе каторгăна ямалла, 26 çынна тĕрлĕ срока хупса лартмалла е каторгăна ямалла тунă.

«Юманите» хаçат çак приговора киревсĕр ĕç тесе хак парать. Хаçат пĕлтернĕ тăрăх, айăпланакансем судра хăйсене допрос тунă чухне хĕнесе пĕтернисем çинчен каласа панă.

## ИНДИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ПОЛИТБЮРОВĔН ÇУРЧĔ ÇИНЕ ТАПĂННА

ДЕЛИ, майăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). «Хиндустан таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çак кунсенче 50 хулиган Индири Коммунистсен партийĕн политбюровĕ тара илнĕ çурт çине тапăннă. Хулигансем Коммунистсен партийĕн çуртĕнчи мĕнпур пурлăха: хутсене, хаçат çыххисене, папкăсене, кĕнекесене урама кăларса пăрахнă, пысăк сиен кӳнĕ.

## Бирмăри çĕр реформин планĕ

ЛОНДОН, майăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви Рангунран çапла пĕлтерет:

«Майăн 25-мĕшĕнче Бирма правительстви Бирмăри хресченсем валли çĕнĕ йĕрке тумалли вунă çуллăх план пичетлесе кăларнă. Çак план тăрăх, çитес икĕ çул хушшинче çĕрсĕр хресченсене вунă миллион акр çĕр валеççе памалла. Çак çĕре ялхуçалăх ĕçĕпе пурăнман çĕр хуçисенчен туртса илсе хресченсене валеççе параççĕ...

Çĕнĕ план тăрăх, икĕ миллион акр çĕре хресченсене кăçалах çĕр комитечĕсем урлă валеççе параççĕ. Çĕр комитечĕсене хресченсем хăйсем суйласа лартаççĕ. Кашни çемьене вăтам шутпа вуншар акр çĕр параççĕ. Хальхи вăхăтра Мандалайра хресченсен конференцийĕ пырать. Конференцие çĕр пин хресчен пухăннă. Конференци паян правительство планне ырланă.

План тăрăх, çавăн пекех тата кашни пилĕк хресчен çемйи пуçне пĕр-пĕрне пулăшакан пĕр бригада туса хума палăртнă. Бригада аллинче 50 акр çĕр пулмалла. Бригадăсене тăватшарăн пĕрлештерсе, ялхуçалăхĕн производствăлла кооперативĕсем туса хураççĕ. Кооператива вăтам шутпа çирĕмшер çемье кĕрет. Кооперативсен 200-шер акра яхăн çĕр пулать. План тăрăх, 1962 çул тĕлне пĕр-пĕрне пулăшакан бригадăсем 200 пин тата ялхуçалăхĕн производствăлла кооперативĕсем 50 пин тума палăртнă.

## РУМЫНИПЕ СОВЕТ СОЮЗĔ ХУШШИНЧИ ÇЫХĂНĂВА ТĔРЕКЛЕТЕС ТĔЛĔШПЕ ĔÇЛЕКЕН РУМЫНИРИ ОБЩЕСТВĂН ĔÇĔСЕМ

БУХАРЕСТ, майăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Румынипе Совет Союзĕ хушшинчи çыхăнăва тĕреклетес тĕлĕшпе ĕçлекен обществă Румынири ĕççыннисене Совет Союзĕ коммунизм тăвас тĕлĕшпе тунă çитĕнӳсемпе, Совет Союзĕ миршĕн кĕрешнипе, совет çыннисем наука, искусство, литература енĕпе тунă çитĕнӳсемпе анлăн паллаштарать. Çак обществăра хальхи вăхăтра 6 миллиона яхăн çын тăрать. 1952 çулта общество организацийĕсем 254 пин ытла лекцисемпе докладсем тата калаçусем иртернĕ. Вĕсене 21,5 миллион çын ытла итленĕ. Кăçалхи пĕррeмĕш кварталта çакăн пек ĕçсем 72.887 ытла иртернĕ.

Совет Союзĕнчи наука, искусство тата литература енĕпе тунă çитĕнӳсемпе Румыни халăхне лайăхрах паллаштарас тесе, 1952 çулта совет кĕнекин вунăкунлăхне тата Украина ССР вунăкунлăхне иртернĕ. Хальхи вăхăтра Молдаван ССР вунăкунлăхĕ пырать. Обществăн «Картя руса» ятлă издательстви румыни чĕлхипе тата ытти халăхсен чĕлхипе вырăс классикĕсен, совет писателĕсен, наука деятелĕсемпе производство новаторĕсен кĕнекисене çултан-çул ытларах пичетлесе кăларать. Кăçалхи пĕррeмĕш квартал хушшинче издательство çакăн пек кĕнекесем 457.526 экземпляр кăларнă. «Вяц ноу» тата «СССР сегодня» ятлă журналсем совет çыннисен пурнăçне анлăн çутатаççĕ.

## *Австри договорĕ тĕлĕшпе ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвне пухма сĕннĕ çыру çине А. Я. Малик панă ответ*

ЛОНДОН, майăн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Кăçалхи майăн 11-мĕшĕнче Австри договорĕ пирки иртерекен ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен заместителĕсен канашлăвĕн генеральнăй секретарĕ Пассан Совет Союзĕн Англири посольствине çыру янă. Çырăва «Австри договорĕ тĕлĕшпе ССР Союзĕнчен уйăрнă заместитель» ячĕпе çырнă. Çак çырура Пассан çапла пĕлтернĕ: Англи представителĕ Австри договорĕ тĕлĕшпе тăватă державăн — СССР, США, Англи тата Франци ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвне майăн 27-мĕшĕнче пухма сĕнет. Çакăнпа пĕрлех вăл çак срокпа килĕшни çинчен хăйне пĕлтерме ыйтнă.

Пассан çавăн пекех тата хăйĕн çырăвĕнче çакăн пек çырусем США-па Франци представителĕсем патне ярса пани çинчен пĕлтернĕ.

Совет Союзĕн Великобританири послой А. Я. Малик майăн 25-мĕшĕнче Пассан патне çакăн пек ответ ярса панă:

«Эсир Австрипе государство договорĕ тумалли проекта хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлекен заместительсен канашлăвне майăн 27-мĕшĕнче Лондонра пухма сĕнсе майăн 11-мĕшĕнче çырнă çырăва илни çинчен пĕлтерсе, çакăн çинчен асăрхаттарма кирлĕ тесе шутлатăп.

Чи малтан, çакăн çинчен аса илтерни кирлĕ: Австри договорĕ тĕлĕшпе ĕçлекен министрсен заместителĕсен канашлăвĕ вăл тăватă енĕн ялан ĕçлесе тăракан органĕ пулса тăмасть, çакнашкал канашлусене пухасси Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕсен Советĕнчен килет. Ăна туса хурасси çинчен 1945 çулта Потсдамри конференцире йышăннă.

Австри договорĕ çинчен тăракан ыйтăва 1947 çултан пуçласа заместительсен канашлăвĕсенче пĕр хут çеç мар сӳтсе явнă, анчах, Совет Союзĕ темĕн пек тăрăшнă пулсан та, килĕшӳ тума пултарайман. 1947—1949 çулсенче заместительсен çакнашкал канашлăвĕсене иртернĕ, анчах вĕсем кирлĕ пек результат парайман. Заместительсен 1950 çулта пулнă канашлăвĕ те Австрипе договор тăвасси çинчен тăракан ыйтăва татса парас тĕлĕшпе решени йышăнма май туса параймарĕ. Виçĕ держава йышăннă позицие пула, заместительсен 1953 çулхи февраль уйăхĕнче пулнă канашлăвĕ те ĕçе улăштарма пултараймарĕ.

Ĕçсем çакăн пек пулса тăнă вăхăтра халĕ пухма сĕнекен заместительсен канашлăвĕ унчченхи канашлусенчен лайăхрах результатсем парасса кĕтсе тăма çук.

Çакăнта каланисем тăрăх, эпĕ çапла шутлатăп: ку ыйтăва хальхи вăхăтра пĕр-пĕрин шухăшĕсене пĕлтернипе, дипломатилле майпа пăхса тухни вырăнлăрах пулать».

## БАСКЕТБОЛ ЕНĔПЕ ЕВРОПĂРА МАЛА ТУХМАЛЛИ ĂМĂРТУ

Майăн 25-мĕшĕнче Мускавра арçынсен командисен баскетбол енĕпе Европăра мала тухмалли ăмăртăвĕ малалла пынă. Ăмăртура 16 команда тĕл пулса выляна.

Болгарипе Израиль командисем хушшинчи вăйă Израиль команди çĕнтернипе вĕçленнĕ. Франци команди Германи баскетболисчĕсене çĕнтернĕ. Итали команди Швейцари баскетболисчĕсене çĕнтернĕ. Финляндипе Югослави командисем хушшинчи вăйă Югослави баскетболисчĕсем çĕнтернипе вĕçленнĕ. Египет спортсменĕсем Швеци командине çĕнтернĕ. Румыни команди Чехословаки командине хирĕç выляма тухман. Вăйă Чехословаки спортсменĕсем çĕнтернипе вĕçленнĕ. Венгрипе Бельги командисем хушшинчи вăйă Венгри баскетболисчĕсем çĕнтернипе вĕçленнĕ.

Совет Союзĕн команди Дани баскетболисчĕсемпе тĕл пулнă. Вăйăра совет спортсменĕсем лайăх вылянине палăрнă. Совет Союзĕн команди Дани командине 118:14 шутпа çĕнтернĕ. (ТАСС).

## Чăваш академи театрĕн артисчĕсем колхозсенче

ЕТĔРНЕ. Районта Чăваш академи театрĕн Чăваш АССР халăх артисчĕ А. Ургалкин ертсе пыракан бригади гастрольте пулчĕ. Театр артисчĕсем хулари кинотеатрта, «Большевик», Сталин ячĕпе тăракан, «Родина» колхозсенче П. Осиповăн «Айдар» драмине лартса пачĕç. Хулари ĕççыннисем тата колхозниксем Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕсем И. Молодов, Л. Семенов, Г. Фадеев, А. Долгова, А. Маштанова тата ытти артистсем вылянине юратса пăхрĕç.

Спектакле 1.200 çын ытла курнă. Театр коллективĕ халĕ Хĕрлĕ Чутайпа Çĕмĕрле районĕсене кайрĕ.

Г. МЫТИКОВ.
В. СИДУГАНОВ.

## *Çĕнĕ юрăсем вĕренеççĕ*

ТĂВАЙ. Тăрмăшри Ленин ячĕпе тăракан колхоз хорĕ республикăри олимпиадăсене хутшăнса 1948 çулта пĕррeмĕш, 1950 çулта иккĕмĕш вырăн йышăннă. Вăл тăватă хутчен хисеп грамоти илнĕ.

Халĕ хор коллективĕнче 46 çын. Ăна музыкăна чунтан юратакан, пултаруллă баянист Н. Казаков ертсе пырать. 1953 çулта хор коллективĕ Тăвай тата Канаш районĕсенчи колхозсенче пулса 11 хутчен концерт пачĕ.

Хор репертуарĕнче пурĕ 90 юрă ытла. Репертуарта пуринчен ытла чăваш тата вырăс халăх юррисемпе паллисем.

Республикăра юрă праçникĕ иртерме йышăннине коллектив туллин кăмăлпа кĕтсе илчĕ. Кунта халĕ юрă праçникне хĕрсех хатĕрленеççĕ. Занятисене хористсем йĕркеллĕ çӳреççĕ. Юрă праçникне хатĕрленсе республикăри пĕрлешӳллĕ хор юрламалли юрăсене — Совет Союзĕн Гимнне, «Пире Сталин ырлăх пачĕ», «От Волги до Дона», «Сталинград» юрăсене вĕренме тытăннă. Праçнике хатĕрленнĕ май коллектива 60 çынна çити ӳстереççĕ. Ялти çамрăксем çĕнĕ юрăсем вĕренес ĕçе активлăн хутшăнаççĕ.

Хор коллективне Тăрмăш ял Совет исполкомĕ тăтăшах пулăшать.

П. ЯКОВЛЕВ.

## ПĔЛТЕРНИ

Майăн 27-мĕшĕнче, 19 сехетре, партии хула комитечĕн библиотека çуртĕнче политшкулсен, И. В. Сталин биографине вĕренмелли кружоксен тата парти историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх вĕренмелли (иккĕмĕш çул ĕçлекен) кружоксен руководителĕсен семинарĕсем пулаççĕ. Тема: «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—совет халăхĕн çул кăтартса ертсе пыракан вăйĕ».

Семинарсене З. В. Кустарникова тата А. И. Воробьев юлташсем иртереççĕ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01140 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.